ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Февраль 8
ВЫРСАРНИКУН
№ 27 (8936)
35-мĕш çул тухать.
Хакĕ 20 пус.

**Паянхи номерте:**



## Выльăх апатне тирпейлĕ тыткаламалла

Пирĕн республика 1952 çулта общественнăй выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли плана тултараймарĕ. Çакă вăл нумай колхозсенче иртнĕ çулта общественнăй выльăх-чĕрлĕхе хĕл каçарас ĕçе кирлĕ пек организацилесе ирттермен пирки те пулчĕ. Партипе совет организацийĕсемпе çĕр ĕç органĕсем, выльăх-чĕрлĕх пăхас ĕçри специалистсен чылайăшĕ пысăк тухăçлă, таса сывлăхлă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетессишĕн чăн-чăн хуçалла тăрăшмарĕç, ялхуçалăхĕн çак отраслĕне аталантарассине çителĕксĕр пăхрĕç, выльăх-чĕрлĕхе пăхса усрас тĕлĕшпе нумай колхозсем пысăк йăнăшсем тунине вăхăтра тÿрлетсе пымарĕç.

Çаксене пула чылай колхозсенче выльăхсем вилни, хĕсĕр юлни нумай пулчĕ, выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхĕ ÿссе пымарĕ. Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли плана тултарманни государствăна, колхозсен общественнăй хуçалăхне, колхозниксен пурнăçне лайăхлатас ĕçе сиен кÿрет.

Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхăн виççĕмĕш çулĕнче пирĕн умра выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе пысăк та ответлă задачăсем тăраççĕ. План тăрăх, кăçал пирĕн республикăри колхозсем ĕне выльăхсен шутне çĕнĕрен 16,5 процент, сыснасен шутне 16,6 процент, сурăхсен йышне 18,8 процент, качака-кĕшĕк шутне 58,3 процентран кая мар ÿстермелле. Выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ÿстерес, унăн ăратлăхне лайăхлатас тĕлĕшпе те пысăк ĕçсем туса ирттермелле пулать. Кăçал кашни ĕнерен 1.200 литртан кая мар сĕт суса илмелле, кашни ама сыснаран 14-шар çура пăхса ÿстермелле, сурăхсенчен 2,9-шар килограмм çăм касса илмелле, кашни чăхран 70-шер çăмарта илмелле.

Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетме государство панă задании кашни колхозшăн çирĕп закон пулса тăрать, ăна пĕр пăркаланмасăр пурнăçласа пырас пулать. 1953 çул—выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре татăклă улшăну тумалли çул пулмалла, выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне хăпартассишĕн çине тăрса кĕрешмелле.

Çакна эпир пĕтĕм выльăх-чĕрлĕхе тĕрĕс-тĕкел хĕл каçарнипе кăна тĕплĕн татса пама пултаратпăр. Выльăх-чĕрлĕхе лайăх пăхса усрасси, вĕсене пурне те упраса хĕл каçарасси—ялхуçалăх органĕсем, фермăсенче ĕçлекенсем умĕнче тăракан паянхи тĕп задача. Парти вырăнти организацийĕсен, ял Совечĕсен, комсомол организацийĕсен выльăх-чĕрлĕхе хĕл каçарас ĕçпе куллен интересленмелле.

Выльăх-чĕрлĕхе хĕллехи вăхăтра пăхас, тĕрĕс тăрантармалли йĕрке тăвас, выльăх апатне перекетлĕн тыткаламалли майсемпе ытларах усă курас тĕлĕшпе парти организацийĕсем пурне те тунă-и-ха? Çук, туман-ха. Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç çине бюрократла чунсăррăн пăхнине, ĕçе ячĕшĕн кăна тума хăтланнине чылай районсенче халĕ те пĕтермен-ха. Колхозсенчен пĕр пайĕ кăçал та хĕле тĕплĕн хатĕрленмесĕр кĕтсе илчĕ, выльăх апачĕ сахал хатĕрлерĕ, витесене юсаса ăшăтмарĕ, унта выльăх-чĕрлĕх пăхас, тăрантарас ĕçе япăх туса пыраççĕ.

Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес енĕпе Йĕпреç районĕ ытла та кая юлчĕ. Ку районти нумай колхозсем хĕле япăх кĕтсе илнĕ. выльăх апачĕ сахал хатĕрленĕ. Апла пулин те выльăх-чĕрлĕхе пăхас ĕç районта мĕнле пулса пынипе КПСС Йĕпреç райкомĕ таранăн интересленмест. Выльăх апачĕ çителĕклĕ хатĕрлемен пулсан та, ăна халĕ колхозсенче виçесĕр расходлаççĕ, перекетлĕ тыткаламалли майсемпе усă курмаççĕ. Районти колхозсем февралĕн 1-мĕшĕ тĕлне хатĕрленĕ утă-улăмран 46 процентне расходласа пĕтернĕ те ĕнтĕ.

Выльăх апатне çавăн пекех Куславкка, Вăрмар, Советски районĕсенчи колхозсенче виçесĕр тăккаласа пĕтереççĕ. Утă-улăма тураса вĕтетсе тата тăвар шывĕпе сапса пани хăйне халлĕн çитерниччен нумай усăллăрах. Выльăхсене кĕрхи тата çурхи тырăсен улăмне çĕпрепе йÿçĕтсе, пăспа çемçетсе, вĕри шывпа çемçетсе пăтратса пама та йывăр мар. Анчах çак майсемпе кирлĕ пек усă курни çук-ха.

Çĕрулмипе тымарçимĕçсене тата фураж фондĕнчи тырпула перекетлĕн тыткаламалла. Выльăхсене тĕштырра хăйне халлĕн тăкса пани, çĕрулмипе тымарçимĕçе чĕрĕлле çитерни пулмалла мар. Апата усăллăрах майсемпе перекетлĕн расходлас тĕлĕшпе пухнă пахa опыта пур колхозсенче те анлăн сармалла. Выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхĕшĕн кĕрешес тени вăл — шăпах ĕнтĕ выльăхсене тутăрах тăрантарса усрас тенине пĕлтерет.

Иртнĕ çулта республикăри колхозсем силос хатĕрлемелли плана 75,5 процент тултарнă. Нумай колхозсенче ăна пысăк пахалăхпа хывса хăварнă. Малта пыракан колхозсем, утăпа тырпула перекетлĕн тыткаласа, выльăхсене кĕркуннерен пуçласах силос çитереççĕ. Çакă ĕнтĕ выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне хĕллехи вăхăтра та пĕрмаях хăпартса пыма май парать. Анчах нумай колхозсенче силоспа усă курасси çине те кирлĕ пек пăхмаççĕ. Ку тарана çитсе те Первомайски, Хĕрлĕ Чутай, Сĕмĕрле, Тăвай районĕсенче выльăхсене силос çитерме тытăнман. Ытти районсенче те выльăхсен рационĕнче силос çукпа пĕрех. Çав вăхăтрах Шупашкар, Хĕрлĕ Чутай, Советски, Çĕрпÿ районĕсенче çĕрулмие ытлашши нумай расходласа пĕтернĕ, Куславкка, Кувакино, Çĕрпÿ районĕсенче фураж фондĕнчи тырпулăн 70—76 процентне çитерсе янă.

Выльăх апатне тирпейсĕр тыткаланине, нормăран иртсе расходланине тага аякkалла салатассине халех пĕтермелле. Парти райкомĕсемпе райсовет исполкомĕсен тата ялхуçалăх органĕсен çавăн пек çитменлĕхсене пĕтерессишĕн тивĕçлĕ мерăсем йышăнмалла.

Выльăх-чĕрлĕхе тĕрĕс-тĕкел пăхса хĕл каçарассине фермăсенче ĕçлекен кадрсем татса параççĕ. Фермăсенче яланах ĕçлеме кадрсем çирĕплетес тĕлĕшпе Куславкка, Октябрьски, Йĕпреç тата ытти хăшпĕр районсенчи парторганизацисем кирлĕ ĕçсем туса ирттермен. Куславкка районĕнче, сăмахран, фермăсенче сысна пăхаканcем 30 çын çитмеççĕ. Октябрьски районĕнчи колхозсенче 12 фермăра заведующисем çук.

Нумай фермăсенче выльăхсене пăхас ĕçре халĕ те обезличкăна пĕтермен. Фермăра ĕçлекенсене час-часах улăштарса тăраççĕ, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетекен кадрсен ĕç условийĕсене лайăхлатмаççĕ.

Фермăсене кадрсем парса çирĕплетес тĕлĕшпе парти организацийĕсен колхоз правленийĕсене куллен пулăшмалла. Фермăсенче ĕçлеме пултарулла коммунистсене, комсомолецсене тата колхоз производствинче тÿрĕ кăмăлпа ĕçлекен колхозниксене уйăрмалла. Кунпа пĕрлех парти организацийĕсен, ялхуçалăх органĕсен выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç кадрĕсен квалификацине ÿстерес, вĕсене воспитани парас тĕлĕшпе куллен ĕçлемелле.

Выльăх-чĕрлĕхе ăнăçлă хĕл каçарас тĕлĕшпе колхозсене МТС-сем пысăк пулăшу пама тивĕç. Утă-улăма фермăсен çывăхне турттарса памалла, выльăх апатне тĕрлĕ майсемпе хатĕрлеме пулăшмалла, фермăри ĕçсене механизацилемелле. Тÿрех каламалла, МТС-сенчен нумайăшĕ хĕллехи вăхăтра выльăх-чĕрлĕх фермисенче хăйсем тумалли ĕçсене туса пымаççĕ. МТС-сен кăçал республикăри колхозсене 50 пин тонна улăм тураса памалла пулсан, февралĕн 1-мĕшĕ тĕлне 1.575 тонна кăна тураса панă. Йĕпреç, Куславкка, Комсомольски, Октябрьски, Çĕрпÿ МТС-ĕсем çак ĕçе тума халĕ те тытăнман-ха. Чылай колхозсенче выльăх апачĕ хатĕрлесе памалли машинăсем МТС-сен айăпĕпе усăсăр тăраççĕ.

Выльăх апатне выльăхсемшĕн усăллăрах расходласси, перекетлĕрех тыткаласси, выльăх-чĕрлĕхе лайăх пăхасси нумай енчен ялхуçалăх специалисчĕсенчен, зоотехниксенчен, ветеринари врачĕсемпе агрономсенчен килет. Парти организацийĕсем ялхуçалăх специалисчĕсемпе тĕрĕс усă курмалла. Зоотехникăн тата ветеринари врачĕн ĕç вырăнĕ выльăх-чĕрлĕх фермисенче пулмалла. Вĕсен пĕлĕвĕ, ĕç опычĕ, ĕçе организацилес пултарулăхĕ пуринчен ытла кунта, выльăх-чĕрлĕх ферминче, кирлĕ.

«Колхозсемпе совхозсенче выльăх-чĕрлĕх йышне ÿстерес—ыйтнă вăхăтрах, вĕсен тухăçлăхне ÿстерсе пырасси малашне те выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçри тĕп задача пулса тăрать»,—терĕ Г. Маленков юлташ партин XIX-мĕш съездĕнче. Çак задачăна ăнăçлăн татса пама, чи малтан, пур колхозсемпе совхозсен те выльăх апачĕн çирĕп никĕсне туса хумалла, выльăх-чĕрлĕх валли лайăх карта-витесем туса памалла, çавăн пекех выльăх-чĕрлĕхе пăхас ĕçе анлăн механизацилемелле. Выльăх-чĕрлĕхе хĕл каçарас ĕçе лайăх организацилесе ирттерни, мĕнпур выльăха тĕрĕс сыхласа усрани выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе аталантарас çул çинче пысăк утăм туни пулать.

### Суйлав кунĕ тĕлне икĕ уйăхри плана тултарассишĕн

Чăвашкоопинсоюза пăхăнса тăракан инвалидсен артелĕсенче вырăнти Советсен суйлавĕ ячĕпе социализмлă ăмăрту сарăлса пырать.

Производство планне уйăхран уйăха тултарса пырасси, пĕр тикĕс ĕçлесси, оборудованипе тулли усă курасси малта пыракан артельсен йăлине кĕнĕ. Вăрнарти «Трудовик», Шăнерти «20 лет Чувашии», «Чебторгин» артельсем иртнĕ уйăхри плана 128—118 процент тултарчĕç.

Чăвашкоопинсоюза иртнĕ уйăхра продукци туса кăлармалли плана пĕтĕмпе 107 процент тултарнă, 1952 çулхи январь уйăхĕнчипе танлаштарсан, 18 процент ытларах продукци туса кăларнă.

Артельсенче икĕ уйăхри плана суйлав кунĕ тĕлне тултарассишĕн ăмăрту вăйланса пырать.

# Совет Союзĕ тăрăх

### Йывăр тиенĕ поездсем

ДОН çинчи РОСТОВ, февралĕн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Çурçĕр Кавказ чугун çулĕ çинче йывăр тиенĕ поездсем илсе çÿрекен машинистсен ăмăртăвĕ сарăлса пырать.

Краснодар деповĕнчи машинист Комнатный юлташ çак çул çинче пуринчен малтан нормăран ирттерсе икĕ хут йывăртарах тиенĕ поездсем илсе çÿреме тытăннă. Пăравуспа çÿрекенсем нумайăшĕ стахановецран пример илсе ĕçлеççĕ. Машинист Рубан юлташ пысăк çитĕнÿ тунă. Вăл нормăран ирттерсе икĕ хут ытла йывăртарах тиенĕ поезда график тăрăх вырăна илсе çитернĕ.

Батайск, Каменоломня, Сальск деповĕнчи машинистсем те йывăр тиенĕ поездсем илсе çÿреççĕ. Батайск деповĕнчи работниксем Каменоломня тата Сальск деповĕсенчи машинистсене ăмăртăва чĕннĕ. Вĕсем чугун çулăн Каменоломня—Батайск хушшинчи участокра кашни поезд йывăрăшне 200 тонна ÿстерме тата Батайск — Сальск хушшинчи участокра кашни поезд йывăрăшне 100 тонна ÿстерме сĕнÿ параççĕ. Батайскри депо работникĕсен сĕнĕвне ырласа йышăннă.

### Туркменири садсенче

АШХАБАД, февралĕн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Ашхабад облаçĕнчи колхозсем сад тума йывăçсем лартмалли çулталăкри плана срокчен тултарнă. Плана тултарнă хыççăн та йывăçсем лартаççĕ. Кара-Калински районта çимĕç йывăççисем план тăрăх палăртниччен икĕ хута яхăн нумайрах лартнă. Туркменин хĕвеланăç енчи пайĕ пулса тăракан çак субтропикăллă районта çанталăк питĕ лайăх тăрать. Сумбара тата Чандыр юханшывĕсен айлăмĕсенче, сăртсем хушшинчи айлăмсенче тата Копет-Даг сăрчĕн айккисенче улмуççи, груша, абрикос, слива, вишня кăна мар, миндаль, грецки мăйăр, инжир, гранат ÿсет. Çĕршывăн чи кăнтăрти пайĕнче вырнаçнă сăнав станцийĕнче маслин тата лимон ÿстерсе пăхаççĕ. Çак сăнав станцине ÿсентăрансем тĕлĕшпе ĕçлекен Пĕтĕм Союзри институт уçнă. Кунти вырăнсем часах садсемпе, виноградниксемпе витĕнĕç, цитрус йывăççисем нумай лартса ÿстерĕç.

Республикăри колхозсенче кăçал 700 гектар çине çимĕç йывăççисем лартса хăвараççĕ.

### Заем вылявĕ

Паян, февралĕн 8-мĕшĕнче, СССР халăх хуçалăхне юсаса малалла аталантармалли виççĕмĕш государственнăй заемăн черетлĕ вылявĕ пулать. Выляврa 1.949.250 выигрыш, мĕн пурĕ 520.116.400 тенкĕлĕх тухать.

Заем вылявне Курган хулинче ирттереççĕ. (ТАСС).



Белорус ССР-ĕ. Минскри трактор завочĕ вăрман промышленноçĕ валли «КТ-12» трелевочнăй тракторсем туса кăларать. Кашни кун заводран çĕршыври тĕрлĕ вырăнсене тракторсем ярса параççĕ.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: хатĕр тракторсем завод площадкинче

В. ЛУПЕЙКО фотоÿкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

### Днепр айлăмĕнче

Днепр айлăмĕнче Каховка гидроэлектростанци строительствинче тĕп ĕçсене тума пуçланăранпа паян çулталăк çитрĕ.

ТАСС корреспонденчĕпе калаçнă чухне строительствăн главнăй инженерĕ, Сталинла преми лауреачĕ П. А. Медведев çапла каласа панă:

— Иртнĕ çулта Федоровкăпа Каховка хушшинчи чугун çул линине туса пĕтернĕ. Кривой Рогпа Каховка хушшинчи электричество энергийĕ парса тăракан пысăк вольтлă линине ĕçе кĕртнĕ, пулăшакан предприятисем, Украинăри чи çамрăк хула пулса тăракан çĕнĕ Каховка хулине туса пынă. Кунпа пĕрлех иртнĕ çулта Каховка гидроузелĕн тĕп сооруженийĕсене тунă çĕрте те пысăк ĕçсем тунă.

Шлюз пулмалли вырăнта, гидроэлектростанци çуртĕ тата çиелтен шыв юхса тăмалли плотина пулмалли вырăнсенче питĕ пысăк котловансем чавнă.—ку вăл иртнĕ вăхăтра тунă пысăк çитĕнÿ пулса тăрать. Котловансем чавас ĕçе питĕ кĕске срокра—9 уйăх хушшинче тунă. Çав вăхăтрах котловансене çуркуннехи шыв туласран сыхлама перемычкăсем тунă.

Механизаторсем Днепр айлăмĕнчи вырăнсене йывăççемпе вĕтлĕхсенчен тасатрĕç, Днепр айккинче металл юпасем çапса лартса перемычка тунă çĕрте те пысăк ĕç туса ирттерчĕç.

Гидроэлектростанци патне тата шлюз патне анат енчен пыма вăхăтлăх каналсем чавнă, шлюз котлованĕнчи шыва уçласа кăларнă, котлован часах ĕнтĕ типсе çитет.

Каховка гидроэлектростанци строительстви çĕнĕ тапхăра кĕрсе пырать. Халĕ тĕп сооруженисене тунă çĕрте бетон хума хатĕрленеççĕ. Эпир часах автоматизациленĕ бетон завочĕсене туса пĕтеретпĕр, вак чул тата хăйăр хатĕрлеме карьерсем тăватпăр. Бетон тумалли материалсем хатĕрлетпĕр. Бетон завочĕсенчен пĕри бетон туса пама хатĕрленсе çитнĕ.

Часах ĕнтĕ шлюз тунă çĕрте бетон хума пуçлаççĕ. Малтанхи блоксене хума инженерсен ушканĕ вырăнтан-вырăна куçармалли эстакада конструкцине туса хатĕрленĕ.

1953 çулта гидроузелăн тĕп сооруженийĕсене тунă çĕрте 400 пин ытла кубометр бетон хумалла. Çак ĕçе тума шлюз, ГЭС тата плотина котлованĕсене бетон хума хатĕрлесе çитермелле, çуркуннехи шыв тулма пуçличчен перемычкăсене туса пĕтермелле, бетон хатĕрлекен пĕтĕм хуçалăха ĕçе кĕртмелле тата Днепр айлăмне пымалли чугун çулсемпе шоссе çулĕсене туса çитермелле.

Каховка гидроэлектростанцине тăвакансем гидроэлектростанцие малтан палăртнă срокран пĕр çулталăк маларах ĕçе кĕртме пулчĕç. Çак обязательствăна пурнăçласа, гидромеханизаторсем пуçарнипе, строительство управленийĕсем пурте çĕнĕ график тăрăх ĕçлеме пуçлаççĕ.

ÇĔНĔ КАХОВКА, февралĕн 6-мĕшĕ. (ТАСС).

### Свердловскри çĕнĕ строительство

СВЕРДЛОВСК, февралĕн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Кăçал Свердловск хулинчи ĕçсыннисем валли пурăнмалли çĕнĕ çуртсем 150.000 тăваткал метр чухлĕ тăваççĕ. Ку вăл, иртнĕ çулхипе танлаштарсан, пĕр хут çурă ытларах пулать.

Пурăнмалли çуртсем лартас ĕç хулари пур районсенче те сарăлнă. Тахçантанпах ĕçлекен Верх-Исетск металлурги завочĕн районĕ хăвăрт улшăнса пырать. Хулан çурçĕр енчи тата хĕвелтухăç енчи пайĕсенче çĕнĕ çуртсем ÿссе лараççĕ, çĕнĕ урамсемпе çĕнĕ кварталсем пулса тăраççĕ.

Хула варринче строительство анлă сарăлни уйрăмах палăрса тăрать. Хулана ÿстерсе пымалли тĕп план тăрăх, кунта нумай хутлă çуртсем лартаççĕ. 1953 çулта Ленин ячĕпе тăракан проспектра, Белинский ячĕпе, Луначарский ячĕпе тăракан тата ытти урамсенче те çавăн пек çуртсем 100 ытла лартма пуçлаççĕ. Çав çуртсенчен çуррине тума тытăннă. Ку çуртсем хулана илем кĕртеççĕ тата çĕнĕ кинотеатрсем, магазинсем, ача-пăча учрежденийĕсем, тĕрлĕрен мастерскойсем уçма май параççĕ.

Çĕрпÿр рабочисен çемйисем çĕнĕ çуртсене пурăнма куçаççĕ.

Промышленноçлă Свердловск Уралти наукăллă ĕçĕн центрĕ пулса тăрать.

Хулара СССР Наука академийĕн Уралти филиалĕ, Государствăн Уралти А. М. Горький ячĕпе тăракан университечĕ, Уралти С. М. Киров ячĕпе тăракан политехнически институт тата ытти аслă шкулсем вырнаçнă. Наука учрежденийĕсем тума государство вунпшар миллион тенкĕ укса уйăрса парать. Политехнически институт сарăлса пырать. Уралти ватă техникум—И. И. Ползунов ячĕпе тăракан горно-металлургически техникум валли çуртсем лартаççĕ.

Хулари библиотека валли çĕнĕ çурт тума тытăннă. Çĕнĕ библиотекăра «миллионшар том кĕнеке пулать.

### Нефть кăларакансен çитĕнĕвĕ

ГУРЬЕВ, февралĕн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Эмба таврашĕнчи нефть кăларакан пысăк промыселсенчен пĕрин—«Кульсары» промыселăн коллективĕ, январь уйăхĕнчи задание срокчен тултарнă хыççăн, февраль уйăхĕнче заданирен ирттерсе нефть кăларать. Нефтяниксем заданирен ирттерсе вуншар тонна нефть кăлараççĕ.

«Комсомольский» промысела коллективĕ те графикран ирттерсе нефть кăларать. Байрымов мастер ертсе пыракан участокра нефтяниксем пурте икшер професси вĕреннĕ. Оборудование юсамасăр ĕçлеттермелли срока 10 кун хушнă.

# Вырăнти Советсен суйлавĕ умĕн

### Ăмăрту вăйланса пырать

ПЕРВОМАЙСКИ. «Путь социализма» колхоз членĕсем суйлав умĕнхи пухура хăйсен колхоз председательне Е. Г. Кольцов юлташа район Советне депутата суйлама кандидата тăратрĕç. Кольцов юлташ çиччĕмĕш çул ĕнтĕ колхоза пултаруллă ертсе пырать. 1947 çулта колхоз вăйлă тырпул туса илнĕшĕн Кольцов юлташа Совет правительстви «Ĕçри хастарлăхшăн» медальпе наградăланă. Иртнĕ çулта та тырпул аван пулнă.

Иртнĕ çулсенче колхоз Пăла шывĕ çинче гидроэлектростанци туса лартрĕ.

Халĕ колхозра вырăнти Советсен суйлавĕ ячĕпе çуракине кăтартуллă хатĕрленсе çитессишĕн социализмлă ăмăрту анлăн сарăлса пырать. Вăрлăхсене кĕркуннех çителĕклĕ хывса хăварнă. Пур йышши вăрлăхсене те сортласа тасатнă, акма юрăхлă кондицине çитернĕ.

Кăçал нумай çул ÿсекен курăксем акакан лаптăк 50 гектартан иртет, çак лаптăка акма вăрлăх ытлашшипех хатĕрленĕ. Техникăллă культурăсене те пĕлтĕрхинчен нумайрах акма палăртнă. Йĕтĕн акакан лаптăк хăй кăна 35 гектар йышăнать. Кăçал колхозниксем, республикăра йĕтĕн тата кантăр туса илес ĕçре малта пыракансен опычĕпе усă курса, гектартан 6 центнертан кая мар йĕтĕн вăрри тата сÿсĕ туса илме задача лартнă.

Халĕ кашни кунах хире тислĕк кăлараççĕ. Хĕле кĕнĕренпе 3 пин лав ытла тислĕк кăларнă. Ку ĕçре 2-мĕш уй-хир бригади (бригадирĕ А. Бородкин юлташ) малта пырать. Колхоз çуркунне калчасене апат пама 500 центнер минераллă удобренисем кÿрсе килет. Çак кунсенче колхозниксем 50 гектар çинче юр тытса хăварчĕç, çывăх кунсенчех тата 100 гектар çинче юр тытаççĕ, тимĕрçĕсем ялхуçалăх машинисем юсаççĕ.

А. ТУКМАКОВ.

### Суйлав участокĕнче

Тури Ачакри клуба тултан та, шалтан та илемлетнĕ. Клуб алăкĕ çинче «Хапăл туса кĕтсе илетпĕр!»—тесе çырнă.

Клубри пĕр пÿлĕме суйлав комиссийĕ вырнаçнă.

Суйлав комисси председателĕ—Тури Ачакри 7 çул вĕренмелли шкулăн вĕренÿ пайĕн заведующийĕ Петр Александрович Яжейкин юлташ клуба пыракан суйлавçăсене списокра хăйсем çинчен çырнине тĕрĕслеме ыйтать. Суйлавçăсем хăйсен ячĕсене списокра хăварт тупаççĕ.

Списока тĕрĕслеттерме Павел Дашков колхозник пычĕ.

— Çитес суйлавра район Советне депутата суйлама кама кандидата тăратнине пĕлетĕр-и эсир?—ыйтать суйлавçăран участокри суйлав комисси председателĕ.

— Пĕлмесĕр. Питех те лайăх пĕлетĕп. Ара, Лилия Кузьминична Степанова юлташа иртнĕ суйлавра та район Совечĕн депутатне суйларăмăр. Вăл халăхшăн вăя шеллемесĕр ĕçлет. Унăн пархатарлă ĕçĕ куç умĕнчех. Эпĕ хамăн сасса февралĕн 22-мĕшĕнче Л. К. Степанова юлташшăн паратăп,—тет Дашков суйлавçă.

Клуба суйлавçăсем пĕрин хыççăн тепри пыраççĕ, вĕсене суйлав комисси председателĕпе членĕсем ăшшăн кĕтсе илеççĕ.

Пÿлĕме Ф. Андреев, П. Петрейкин, Ю. Михайлов çамрăк суйлавçăсем пырса кĕчĕç. Вĕсем суйлава малтанхи хут хутшăнаççĕ. Вĕсем суйлавçăсен списокне хумханса пăхса тăраççĕ. хăйсем çинчен çырнисене тĕрĕслеттереççĕ.

Комисси членĕсем суйлавçăсен килĕсене çÿреççĕ. Çакă суйлавçăсен списокĕнче тунă йăнăшсене хăвăрт тÿрлетме, суйлав участокĕн территорийĕнчен тухса кайакансене тата çĕнĕрен килнĕ суйлавçăсене шута илме пулăшать.

Участокри суйлав комиссин ĕçĕсем çинчен унăн председателĕ П. Яжейкин юлташ çапла каласа парать.

— Эпир участокри суйлав комиссин пĕрремĕш ларăвĕнчех комиссин ĕç планне туса çирĕплетрĕмĕр,—тет вăл.—Комиссин кашни членнех суйлава хатĕрленес тĕлĕшпе пĕр-пĕр ĕç патăмăр. Суйлав кунĕнче суйлавçăсен кану вăхăтне мĕнле ирттермеллине те палăртнă. Колхозри хорпа драма кружокĕ концерт параççĕ. Буфет пулать. Юнашар пÿлĕмре—агитпунктра суйлавçăсем радио итлеме, хаçат-журнал вулама пултараççĕ, справка сĕтелĕ пулать. Ватă суйлавçăсене илсе килме лавсем уйăрса хунă. Чирлĕ суйлавçăсем патне кайса сасăлаттарма суйлав ещĕкĕсем иккĕ хатĕрлерĕмĕр.

Агитпунктра таса, çутă, тирпейлĕ. Акă, колхозра тухса тăракан «Коммунизм çулĕпе» стена хаçат редакторĕ суйлав ячĕпе кăларнă çĕнĕ хаçата çакса хучĕ. Унта район Советне депутата суйлама тăратнă кандидатăн Л. Степановăн тата ял Советне депутата суйлама тăратнă кандидатсен пурнăçĕпе ĕçĕсем çинчен çырнă. Пÿлĕме кĕрекен кашни суйлавçă çак хаçат умĕнче чарăнса тăрать.

Суйлава хатĕрленнĕ май агитпунктра суйлавçăсем валли Сталинла Конституци, коммунизмăн аслă стройкисем, партин XIX-мĕш съезчĕ çинчен, тĕнчери лару-тăру çинчен пĕтĕмпе улттă доклад туса панă.

Г. МУРЗЕЕВ.

Советски районĕнчи Тури Ачак ялĕ.



Шупашкарти Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденлĕ завод коллективĕ, вырăнти Советсен суйлавĕ ячĕпе социализмлă ăмăртăва хутшăнса, ĕçре пысăк çитĕнÿсем туса пырать.

Укерчĕк çинче: слесарь сборщица А. И. Васильева юлташ ĕçре. Вăл ĕç нормине 250 процент тултарать.

Г. ЗИНЬКОВ фотоÿкерчĕкĕ.

### Плана ирттерсе тултарнă

КУСЛАВККА. Тĕмшерти «Комсомолец» промартель коллективĕ, суйлав ячĕпе стахановла вахтăна тăрса, иртнĕ уйăхри плана 151 процент тултарнă, планран ирттерсе 35 пин тенкĕлĕх продукци туса кăларнă. Социализмлă ăмăртура комсомолецсемпе çамрăксем малта пыраççĕ.

# Коммунизм тума хавхалантаракан программа

*(И. В. Сталин юлташ Мускав хулинчи Сталински суйлав округĕнчи суйлавçăсен суйлав умĕнхи пухăвĕнче 1946 çулхи февралĕн 9-мĕшĕнче сăмах каланăранпа çичĕ çул тултарнă тĕле)*

Ленин—Сталин партийĕн аслă та пурне те çĕнтерекен вăйĕ çакăнта: унăн политики малта пыракан марксистла-ленинла теори çинче никĕсленсе тăрать, коммунизм строительствине ертсе пырас тĕлĕшпе хăйĕн практикăллă ĕçĕнче вăл общество аталанăвĕн объективлă законĕсене тарăн пĕлни çине таянса тăрать. Пирĕн парти, Ленин—Сталин партийĕ рабочи класăн тăшманĕсене хирĕç кĕрешсе обществăна революциллĕ майсемпе улăштарса çĕнетекенсен партийĕ пулса, Коммунистсен партийĕ пулса ÿссе тĕрекленчĕ. Унăн юлашки тĕллевĕ коммунизм тăвасси пулать.

35 çул каялла, 1917 çулхи апрель уйăхĕнче, хăйĕн «Пролетариатăн пирĕн революцири задачисем» ятлă ĕçĕнче В. И. Ленин парти ятне улăштарма кирлине никĕслесе тата ăна Коммунистсен партийĕ ятне памалла тума сĕнсе, çапла çырнă: «Пирĕн парти малалла пăхать: социализм пурнĕрех майĕпен коммунизма куçса кĕмелле, унăн ялавĕ çинче çак сăмахсем тăрассĕ: «Кашни—пултарнă таран, кашнине—кирлĕ таран» (Соч., 24 т., 62 стр.).

Сталин юлташ марксистла-ленинла вĕрентĕве малалла аталантарса, ăна пирĕн çĕршыври социализм строительствин пысăк опычĕпе пуянлатса, капитализмлă йĕри-тавралăх тытăмĕнче тăрасси юлас пулсан та, ССР Союзĕнче коммунизм тума май пулнине наука тĕлĕшĕнчен çирĕплетсе панă.

Вăрçă хыççăнхи çулсенче Сталин юлташ, социализмран майĕпен коммунизма куçмалли проблемăсене малалла хатĕрлесе, 1946 çулхи февралĕн 9-мĕшĕнче каланă хăйĕн историллĕ сăмахĕнче пирĕн çĕршывра коммунизмăн материально-техникăллă никĕсне тумалли конкретлă та чаплă программине кăтартса пачĕ.

Партин XIX-мĕш съезчĕ уçăлас умĕн Сталин юлташăн çĕнĕ, «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă генилле ĕçĕ пичетленсе тухнă. Унта обществăллă производство законĕсемпе социализмлă обществăра материальнăй ырлăхсене валеçмелли законсене пур енчен те тĕплĕн сăнаса тухнă, социализмлă экономика аталанăвĕн никĕсĕсене наука енĕпе палăртса панă, социализмран майĕпен коммунизма куçмалли çулсене кăтартса панă.

Сталин юлташ историллĕ кашни тапхăрта хăйĕн генийĕн çуттипе совет халăхне аслă тĕллев—коммунизм çĕнтерĕвĕ патне пымалли çула çутатса парать.

### I.

Çичĕ çул каялла, 1946 çулхи февралĕн 9-мĕшĕнче, СССР Верховнăй Совечĕн суйлавĕ умĕн, Сталин юлташ Мускав хулинчи Сталински суйлав округĕнчи суйлавçăсен пухăвĕнче историллĕ сăмах тухса каланă.

Вăл тапхăр пирĕн çĕршыв аслă Отечественнăй вăрçăн йывăр тĕрĕслевĕсенчен тин кăна тухнă тапхăр пулнă. Çĕршер хуласемпе пиншер ялсем ун чухне ишĕрĕлсе выртнă. Фашистсем тапăнса килнинчен сиен курнă нумай фабрикăсемпе заводсем ĕçлемесĕр ларнă. Апатçимĕçпе промышленность таварĕсене халăха карточкăсем тăрăх валеçсе панă. Иккĕмĕш тĕнче вăрçин пĕтĕм йывăрлăхне хăйĕн çурăмĕ çинче тÿссе ирттернĕ Совет çĕршывĕ чылай пысăк йывăрлăхсем умĕнче тăнă. Анчах пирĕн çынсене, Ленин—Сталин партийĕ мĕнпур йышши пур чăрмавсене те çĕнтерме вĕрентнĕ çынсене çак йывăрлăхсем хăратман. Совет Союзĕнчи ĕçсыннисем çапăçсене тавăрса, нихçан пулман хавасланăпа, пурне те çĕнтерекен вăйпа вăрçă кÿнĕ сурансене сиплеме тытăннă.

Совет Союзĕн тăшманĕсем шăл йĕрсе: «Россия халĕ ĕнтĕ чылай вăхăт хушши ураланса çитеймĕ», «большевиксен çĕршывне пĕтĕм ăру тапхăрĕ таран каялла ывăтса янă», тесе çухăрашнă. Анчах та Америкăпа Англи империализмĕн «апостолĕсем» ăмсанни куннинче те, вăрçă пуçламăшĕнче СССР пĕтсе ларасса кĕтни тÿрре тухайман пекех, тÿрре тухаймарĕ.

Хăйĕн сăмахĕнче Сталин юлташ тĕнчери халăхсем умĕнче иккĕмĕш тĕнче вăрçине кăларнă сăлтавсене никам сирсе яма пултараймин логика вăйĕпе, тарăнăн, цÿр енчен те тĕплĕн уçса пачĕ, Совет государстви, социализмлă общество стройĕн никам çĕмĕрейми вăйне, вăл капитализмлă строй умĕнче темиçе хут малта тăнине кăтартса пачĕ. Çакăн çине таянса пирĕн халăх этем историйĕнче халиччен пулма пултарнă мĕнпур вăрçăсенчен чи пысăк та чи хаяр вăрçăра пĕтĕм тĕнчипе историллĕ çĕнтерÿ турĕ.

Иккĕмĕш тĕнче вăрçи, çакăнпа пĕрлех, пирĕн Совет государствин мĕнпур вăйĕсене тĕрĕслесе тухнă хаяр шкул пулса тăчĕ. Сталин юлташ çакна кăтартса пачĕ: гитлерла фашизмпа пĕтĕм тĕнчери реакцине хирĕç пычă хаяр кĕрешÿре, тĕнчери реакци пулăшса тăнă фашизмз хирĕç пынă хаяр кĕрешÿре советлă общество стройĕ, советлă государство стройĕ, пирĕн мухтавлă хĕçпăшаллă вăйсем çĕнтерчĕç. Вĕсем вăрçă йывăрлăхĕсене паттăррăн тÿссе ирттерме тата шăл таран хĕçпăшаланнă тăшмана пуçĕпех çĕмĕрсе тăкма пултарчĕç.

Совет халăхĕ Аслă Отечественнăй вăрçăра пĕтĕм тĕнчипе историллĕ çĕнтерÿ туни Коммунистсен партийĕн политики аслă та малашнехине витĕр курса тăнине чаплăн çирĕплетсе пани пулчĕ. Вăрçă кунĕсенче, халиччен пекех, парти пирĕн Тăван çĕршыври ĕçсыннисене хавхалантарса пычĕ, фашистла захватчиксене хирĕç пĕтĕм халăх кĕрешĕвне организацилерĕ. Тĕнчере мухтавлă Ленин—Сталин партийĕ пек халăх массисем хушшинче пысăк авторитетпа усă куракан пĕр парти те çук. Ленин—Сталин партийĕ ертсе пымапе совет халăхĕ историлле кĕске срокра пирĕн Тăван çĕршыва кая юлнă аграрлă çĕршывран хăватлă индустриллĕ держава, тĕнчери чи пысăк та малта пыракан коллективлă ялхуçалăхлĕ держава туса хучĕ. Социализмлă экономикăн никам çĕмĕрейми хăвачĕ çине таянса, пирĕн халăх фронта тата çĕршыва çĕнтерÿ валли мĕн кирлине пурне те парса тăчĕ.

Иккĕмĕш тĕнче вăрçи мĕнле те пулса ăнсăртлăхран килсе тухнă вăрçă пулман. Сталин юлташ хăйĕн сăмахĕнче: вăрçă «тĕнчери экономикăпа политика вăйĕсем ку чухнехи монополи капитализмĕн никĕсĕ çинче аталанса пынин пурнĕрех пулса тăма тивĕçлĕ результачĕ пулса сиксе тухнине» кăтартса пачĕ. Вăрçăра миллионшар çынсен юнĕ юхнăшăн капитализмлă монополисем тата вĕсен ирсĕр агентури пулса тăракан сылтăм «социалистсем» ответлă.

Иккĕмĕш тĕнче вăрçин характерĕсене палăртса, Сталин юлташ, малалла, вăл пĕрремĕш тĕнче вăрçинчен тĕпрен уйрăлса тăнине, вăл фашизма хирĕçле, ирĕке тухмалли характерлă вăрçă пулнине кăтартса панă. Вăл çакла пуласси вăрçа Совет Союзĕ хутшăннă хыççăн тата ытларах вăйланчĕ. «Çакна шута илмелле: фашистла тĕп государствăсем—Германи, Япони, Итали—союзлă çĕршывсене тапăниччен малтан, хăйсем патĕнче буржуаллă-демократиллĕ ирĕклĕхсен юлашки йĕрĕсене пĕтерсе тăкрĕç, хăйсем патĕнче терророла тискер йĕрке туса хучĕç, пĕчĕк çĕршывсен хăйсем тĕллĕн пурăнас тата ирĕклĕн аталанса пырас принципне таптаса тăкрĕç, ют çĕрсене тытса илес политикăна хăйсен тĕп политики тесе пĕлтерчĕç, вĕсем тĕнчере пуç пулса тăрассине пурнăçа кĕртме тата фашистла йĕркене пĕтĕм тĕнчене сарма тăрăшни çинчен пурне те илтĕнмелле пĕлтерчĕç...»

Сталин юлташăн çакă сăмахĕсем пирĕн кунсенче уйрăмах хытă сасăпа янрассĕ. Вĕсем тĕнчере пуç пулса тăма тăрăшакан США империалисчĕсен тискер кăйăкла сăн-сăпатне тавçăрса илме тĕнчери халăхсене пулăшассĕ. Вĕсем, хăй вăхăтĕнче Гитлер тунă пекех, хăйсен çĕршывĕсенче буржуаллă-демократиллĕ ирĕклĕхсен юлашки палăрăмĕсене пĕтерчĕç, вĕсем, Гитлер пекех, хăйсем чуралантарнă, агрессиллĕ Çурçĕр Атлантика блокĕ тăрăх хăйсен «партнерĕсем» пулса тăракан çĕршывсенче, çавăн пекех тата парăнтарнă çĕршывсенче — Германипе Японире—фашистла режим туса хурассĕ. США—тĕнче жандармĕ пулса, хăйсен хĕçпăшалĕ вырăнне нимĕçле-фашистла идеологине, кĕрешĕвĕн нимĕçле-фашистла ирсĕр меслечĕсене йышăнчĕç, тата вĕсем çумне атомлă бомба, напалм, чума чирĕ саракан бациллăсем хушрĕç, социализм лагерьне кĕрекен çĕршывсенче шпионажпа диверси нихçанхинчен ытла вăйлатса ячĕç. Çаксем пурте вĕсем татах та татах тепĕр хут пирĕн аслă çулпуçăмăрсем Ленинпа Сталин: социализм вăйĕсем ÿссе тĕрекленнĕçемĕн, капитализм вăйĕсем вăйсăрланса пынăçемĕн,— вилĕмле аманнă капитализмлă тискер кайăк тата ытларах урма пултарасси çинчен, вăл урса тискерленнипе нимĕн умĕнче те чарăнса тăрасси çукки çинчен кăтартса панисем питех те тĕрĕс пулнине çирĕплетсе парассĕ.

Америкăпа Англи империалисчĕсем, гитлеровецсем пекех, «эпир цивилизацине тата демократине коммунистсенчен çăлса хăваратпăр» тесе демагогилле çухăрашассĕ. Хĕвеланăç Европăри çĕршывсене оккупацилесе тата унта «Америкăри пурнăç йĕрки» текен ирсĕр йĕркесене пурнăçа кĕртсе, океан леш енчи оккупантсем çак çĕршывсен суверенитетне пĕтерчĕç. Анчах та нумай йышлă фактсем çакăн çинчен калассĕ: Европăри ĕçсынни массисем хушшинче, колониллĕ тата пăхăнса тăракан çĕршывсенчи халăхсем хушшинче пĕтĕм тĕнчипе пуç пулса тăма ĕмĕтленекен çынсене, çĕнĕ тĕнче вăрçи чĕртсе яма пăхакан çынсене курайманни ÿссе пырать. Америкăпа Англи империалисчĕсен этемлĕхе курайман агрессиллĕ политики тĕнчери мĕнпур халăхсене çилентерсе тарăхтарать. Çакăн пек пулни халăхсен мирпе демократишĕн пыракан хăватлă юхăмĕнче—ку чухнехи никам çĕнтерейми хăватлă юхăмĕнче палăрса тăрать.

### II.

Сталин юлташăн хавхалануллă сăмахĕ, творчествăллă марксизмăн тĕслĕхĕ пулса тăракан сăмах истори пĕлтерĕшлĕ пысăк событи пулса тăчĕ. Çак сăмахра вăрçă хыççăн çĕршыв умне тухса тăнă чи кирлĕ ыйтусем çине ответ панă. Классем хушшинчи антагонистла хирĕçÿсем тытса çуракан капитализмлă çĕршывсенче вăрçă хыççăн пĕр правительство руководителĕ те хуçалăха ура çине тăратмалли ĕçсем тĕлĕшпе çакăн пек яр-уççăн программа палăртса пама пултарайман. Хуçалăха малалла аталантармалли программа çинчен каламасан та паллă ĕнтĕ. Европăри капитализмлă çĕршывсенчи нумай хуласене паянхи кунччченех ишĕрĕлчĕк «илемлетсе тăни» ăнсăртран пулман ĕнтĕ.

Совет государствин пуçлăхĕ кăна, социализмлă строй малта тăни çине таянса, совет обществин мораллĕ-политикăллă пĕрлĕхĕ çине, массăсен творчествăллă инкĕсми пуçарăвĕ çине таянса, гигантла задачăсем кăларса тăратрĕ—историллĕ кĕске срокра çĕршыври сиен курнă районсене ура çине тăратмалла, промышленноçпа ялхуçалăхĕнче вăрçăччен-хи шая çитмелле çеç мар, тата çак шайран чылай иртсе каймалла.

Нумайрах вăхăта пыракан плансем çинчен каласа, Сталин юлташ хăйĕн сăмахĕнче: «парти халăх хуçалăхне çĕнĕрен хăватлăн çĕклес ĕçе организацилеме шутлать; хуçалăха çавăн пек çĕклени пире хамăрăн промышленноçăн шайне, сăмахран, вăрçăченхи шайпа танлаштарсан, виçĕ хут ытларах хăпартма май памалла», терĕ.

Çакă вăл коммунизмăн материально-техникăллă никĕсне хывмалли конкретлă та уçăмлă программа, общество аталанăвĕн объективлă законĕсене пĕлни çинче, мĕнпур майсене тĕрĕс шута илни çинче никĕсленсе тăракан программа пулнă.

Сталин юлташ историллĕ сăмах каланăранпа çичĕ çул иртрĕ. Çак çулсенче утса тухнă çул çине совет çыннисем çав тери хавхаланса пăхассĕ. Вĕсем Сталин юлташ кăтартса панă коммунизм тумалли аслă программа ăнăçлăн пурнăçланса пынине савăнса палăртассĕ.

Сталин юлташ 1946 çулхи февралĕн 9-мĕшĕнче каланă сăмахра лартнă задачăсемпе хавхаланса, совет халăхĕ историллĕ кĕске срокра—пĕр пилĕкçуллăх хушшинче—çĕршыва вăрçă кÿнĕ сурансене тÿрлетсе çитерчĕ, унтан вара экономикăпа культурăна аталантарас ĕçре çĕнĕрен чаплă çитĕнÿсем турĕ.

Партин XIX-мĕш съездĕнче Центральнăй Комитет ĕçĕсем çинчен тунă отчетлă докладра Г. М. Маленков юлташ çапла каларĕ: «Вăрçă хыççăн промышленность производствине урăхлатса йĕркелес ĕçе тĕпрен илсен 1946 çул хушшинче туса çитерчĕ, ун хыççăн пирĕн промышленность продукцийĕ хăвăрт ÿссе пыма тытăнчĕ. 1951 çулта унăн пысăкăшĕ 1940 çулхипе танлаштарсан, икĕ хут ытларах ÿсрĕ». Совет машиностроенийĕ юлашки виçĕ çул хушшинче кăна 1 600 яхăн çĕнĕ йышши тĕрлĕ машинăсемпе механизмсем туса кăларнă. Тăваттăмĕш (вăрçă хыççăнхи пĕрремĕш) пилĕк çуллăх плана ăнăçлă тултарни пысăк гидроэлектростанцисемпе каналсем тата çĕре шăвармалли системăсем тăвас ĕçе тытăнма май пачĕ, вĕсем çĕршывăн пысăк районĕсенче çутçанталăкпа экономикăна улăштарса çĕнетме май памалла. Сталин саманинчи çав аслă сооруженисенчен пĕрремĕшĕ — Атăлпа Дон хушшинчи В. И. Ленин ячĕпе тăракан канал—иртнĕ çулхи çула ĕçе кĕчĕ ĕнтĕ.

Совет халăхĕ 1952 çулта çĕнĕ чаплă çитĕнÿсем турĕ. ССР Союзĕн пĕтĕм промышленноçĕ 1952 çулта продукци туса кăларни, 1951 çулхипе танлаштарсан, 11 процент ÿснĕ.

Ялхуçалăхне аталантарас ĕçре çĕнĕ те пысăк çитĕнÿсем тунă. 1952 çулта тĕштырăсен пĕтĕм тухăçлăхĕ 8 миллиард пăт пулчĕ.

Ĕç тухăçлăхĕ, юлашкинчен илсен, коммунизм çĕнтерме чи кирли пулса тăни çинчен Ленин кăтартса панисене пурнăçласа, парти халăх хуçалăхĕнче ĕç тухăçлăхне пĕрмай ÿстерсе пымалла турĕ. ССР Союзĕнчи халăхсем, коммунизм тумалли аслă программăпа хавхаланса, Тăван çĕршыв ырлăхĕшĕн çине тăрса кĕрешессĕ, ăнланулла, социализмлă ĕç тĕслĕхĕсене кăтартассĕ.

### III.

Сталин юлташ хăйĕн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă произведенийĕнче, ССР Союзĕнчи социализм строительствин пуян опытне пĕтĕçтерсе тата пирĕн çĕршывра коммунизм тăвасси çинчен вĕрентнине малалла аталантарса, совет халăхне социализмран майĕпен коммунизма куçмалли çулсене кăтартса пачĕ.

Сталин юлташăн çĕнĕ произведенийĕнчи генилле положенисем КПСС XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсенче палăрса тăрассĕ. Çак съезд пирĕн парти историне, пирĕн Тăван çĕршыв историне, пĕтĕм тĕнчери рабочи юхăмĕн историне паллă тапхăр пулса кĕчĕ. Пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе съезд йышăннă директивăсем социализмăн пурнăçри хăватлă вăйне, вăл капитализмлă стройран питĕ малта тăнине çĕнĕрен кăтартса парассĕ.

Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра промышленность производствине 70 процента яхăн ÿстерме палăртнă. Çакă вăл промышленноçăн пĕтĕм продукцийĕ пиллĕкмĕш пилĕкçуллăх вĕçĕ тĕлне, вăрçăченхи шайпа танлаштарсан, виçĕ хут ÿсмеллине пĕлтерет. Промышленноçри пĕтĕм валовой продукцин çулталăкри вăтам ÿсĕмĕн хăвăртлăхĕ 12 процента яхăн пулмалла, производство хатĕрĕсем тăвакан производствăн ÿсĕм хăвăртлăхне 13 процент, куллен кирлĕ япаласем тăвакан производствăн ÿсĕм хăвăртлăхне 11 процент чухлĕ палăртнă. Кунта çакна палăртмалла: çĕнĕ пилĕкçуллăхра пĕтĕм валовой продукцине кашни пĕр процент чухлĕ ÿстерни иртнĕ пилĕкçуллăх вăхăтĕнче туса кăларнинчен икĕ хут ытларах продукци туса кăларнипе танлăшмалла.

Халăхăн тăтăшах ÿссе пыракан ыйтăвĕсене тивĕçтерес тĕллевпе парти пилĕкçуллăх вăхăтĕнче çăмăл промышленноçпа апат-çимĕç промышленноçĕ продукци туса кăларасси 70 процентран кая мар ÿстерме задача лартрĕ. Ялхуçалăхĕн пур отраслĕсенче те производство малалла ÿсмелле. 1951—1955 çулсенче тĕштырăн пĕтĕм тухăçлăхне 40—50 процент, вылăх-чĕрлĕх продукцине: аш-какайпа сахо—80—90 процент, сĕт—45—50 процент ÿстермелле.

Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра совет халăхĕн материальнăй пурнăçне тата культурине малалла хăватлăн вăйлатмалла. ССР Союзĕн наци тупăшĕ пилĕк çул хушшинче 60 процентран кая мар ÿсет, çакă вăл рабочисемпе служащисен тата хресченсен тупăшĕсене чылай ÿстерме май парать. План тăрăх вăтам шкулта политехникăллă вĕренĕве пурнăçлама тытăнма тата пур çĕрте те политехникăллă вĕренĕве куçма кирлĕ ĕçсем туса ирттерме палăртнă. Аслă тата вăтам пĕлÿ паракан шкулсенчен специалистсем вĕрентсе кăларассине 30—35 процент таран ÿстермелле.

Халăх хуçалăхĕн планĕсене 1951 тата 1952 çулсенче тултарнин итогĕсем пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана тултарма тата ирттерсе тултарма май пурри çинчен калассĕ.

Кашни çулхи событисем çакна кăтартса парассĕ: Совет Союзĕ, социализм лагерĕнчи мĕнпур çĕршывсем малалла вăйланса пырассĕ, капитализмлă çĕршывсенче вара аталану каялла чакса пырать. Хальхи вăхăтра США-ра, Англире, Хĕвеланăç Германире тата Японире кăна ĕçсĕррисем тата вăхăтран вăхăта çеç ĕç тупакансем 32 миллион çын. Капитализмлă чи пысăк çĕршывра—США-ра—промышленность производствин пĕтĕм шайĕ 1952 çулти 9 уйăх хушшинче, 1951 çулхи çав вăхăтпах танлаштарсан, 3 процента яхăн, Англире—5 процента яхăн, Бельгире—4 процент ытларах, Данире—5 процент чакнă.

Капитализм экономики хирĕçÿсен ытамне кĕрсе ÿкрĕ, çав хирĕçÿсем вăйланнăçемĕн вăйланса пырассĕ. Капитализмлă çĕршывсен ертсе пыракан ушкăнĕсем, пуринчен ытла США империалисчĕсем, ССР Союзĕпе халăх демократи çĕршывĕсем тунă çитĕнÿсенчен хăраса ÿксе, капитализмăн ниепле те килĕштерме май çук хирĕçĕвĕсенчен тĕнчери çĕнĕ вăрçă хатĕрленнипе тата ăна пуçарса янипе тухма хăтланассĕ. Вĕсем икĕ çул çурă ытла ĕнтĕ Корейăна хирĕç вăрçă вăрçассĕ, çапла майпа çынсен юнне юхтарнипе тата вĕсене асаплантарнипе миллиардшар доллар услам илессĕ. Ку тухнехи капитализмăн экономикăллă законĕ çакăн патне илсе пырать ĕнтĕ.

### IV.

Пирĕн çĕршывра халăхпа коммунизм тăвă пĕтĕçрĕç. Совет халăхĕ Коммунистсен партийĕн политикине хăйĕн политики тесе, партипе Сталин юлташ кăтартса панă коммунизм тумалли программăна — хăйĕн тăван ĕçĕ тесе шутлать. Çав программăна пурнăçлас ĕçе совет халăхĕ хăйĕн пĕтĕм вăйне парать. Социализмлă строй мĕнпур совет çыннисене—коммунистсене те, партире тăманнисене те — пĕрлĕхлĕ коллектива пĕрлештерчĕ. Çак никĕс çинче коммунистсемпе партире тăманнисен сталинла блокĕ пулса тăчĕ тата малалла тĕрекленчĕ, çак блокра тăрса вĕсем государство влаçĕн суйлавне тухассĕ. Çак кунсенче, ССР Союзĕн халăхĕсем ĕçсынни депутачĕсен вырăнти Совечĕсен суйлавне хатĕрленнĕ кунсенче, совет çыннисем хăйсен пĕрлĕхне тата Ленин—Сталин партийĕ тавра пĕтĕçнине çĕнĕ вăйпа кăтартса парассĕ.

Партипе совет стройĕн чи пысăк çĕнтерĕвĕ вăл—çĕнĕ совет çыннине, коммунизм строительне воспитани пани пулать. Пĕтĕм халăхăн социализмлă ăмăртăвне вуншар миллион çынсем—рабочисем, колхозниксем, совет интеллигенчĕсем хутшăнчĕç. Вĕсем хушшинче вăрçă хыççăнхи çулсенче СССР орденĕсемпе медалĕсене илнисем 1,5 миллион çын, Социализмлă Ĕç Геройĕсем 6,5 пин çынна яхăн, Сталинла премии лауреачĕсем пиншерĕн шутланассĕ. Ленин—Сталин партийĕ ÿстернĕ коммунизм строителĕсен хăватлă çарĕ çавăн пек ĕнтĕ.

Совет халăхĕ коммунизм строительствин мĕнпур участокĕсенче пĕтĕм тĕнчипе историллĕ çитĕнÿсем туни пĕтĕм этемлĕхĕн малашнехи çулне çутатса парать. Çапах та çав çитĕнÿсем пирĕн çынсене лăплантарма тата çырлахтарма пултараймассĕ. Ленинпа Сталин: мирлĕ ĕçе туса пынă вăхăтрах, капитализмлă йĕри-тавралăх çинчен, вăрçă чĕртекенсен каварĕсене асăрхаса тăма кирли çинчен манмалла мар, тесе кăтартса панисене совет халăхĕ çирĕппĕн асра тытать.

Парти пирĕн Тăван çĕршывĕн оборона пултарулăхне тĕреклетессишĕн ывăнма пĕлмесĕр тăрăшма, Америкăпа Англири тата ытти капитализмлă çĕршывсенчи вăрçă чĕртекенсен кавăрĕсене тимлĕн асăрхаса тăма, тăшман агентурине, вăл кирек мĕнле маскăпа витĕнсен те, тăрă шыв çине кăларма хушать. Парти пирĕн хушăри политикăллă сисĕмсĕрлĕхе тата тимсĕрлĕхе пĕтерме хушать.

Пирĕн Тăван çĕршыв халĕ нихçанхинчен те хăватларах, унăн творчествăллă пултарулăхĕ нихçанхинчен те вăйларах. Америка империализмĕ—тĕнчери мĕнпур халăхсене пусмăрлама хăтланакан тĕнче жандармĕ—çĕнĕ тĕнче вăрçине хатĕрленнĕ вăхăтра Совет Союзĕ тăтăшах миршĕн кĕрешет. Çак кĕрешÿре вăл пĕччен мар. Унпа пĕрле халăх демократи çĕршывĕсем пырассĕ. Вĕсем Совет Союзĕпе пĕрле мирпе социализмăн никам хавшатайми лагерьне кĕрессĕ, çак лагерьте 800 миллион çын шутланать. Совет государствин сталинла тулашри политики çĕр чăмăрĕ çинчи вăрçа питлекен простой мĕнпур çынсен пурнăçри интересĕсене палăртса тăрать.

Совет халăхĕ малашлăх çине шанчăклăн пăхать. Çак шанчăклăхăн нихçан иксĕлми çăлкуçĕ вăл—пирĕн общество пурнăçĕн никĕсĕ пулса тăракан Коммунистсен партийĕн аслă политики.

**Н. ЯРОЩУК.**

## ПАРТИ ПУРНАÇĔ

# Парти активĕн районсенчи пухăвĕсем

СĔРПУ. Парти активĕн районти пухăвĕ КПСС Чăваш обкомĕн III-мĕш пленумĕн ĕçĕсем çинчен сÿтсе яврĕ.

Райком секретарĕ В. Чернов юлташ, çавăн пекех унăн докладĕ тăрăх тухса калакансем, парти обкомĕн пленумĕ палăртнă ситменлĕхсем Çĕрпÿ районĕнче те пуррине кăтартса пачĕç.

Халĕ суйлав кампанийĕн ответлă тапхăрĕ пуçланчĕ. Район, ял тата хула Совечĕсене депутата суйлама кандидата тăратас ĕç вĕçленнĕ хыççăн, кандидатсемшĕн агитацилемелле. Чылай агитпунктсем çак ĕçе суйлавçăсем хушшинче начар мар туса пырассĕ.

Çав хушăрах уйрăм агитпунктсем çителĕксĕр ĕçлессĕ. Янсакассинчи агитпункта халĕ те кирлĕ пек илемлетмен, суйлав çинчен калакан лозунгсемпе плакатсем сахал, дежурство тăрассине йĕркелемен Агитпунктра суйлав çинчен каласусемпе докладсем сахал ирттерессĕ.

Парторганизацисем вырăнти Советсен суйлавĕ умĕнхи агитаци ĕçне умра тăракан хуçалăхлă задачăсемпе кирлĕ пек çыхăнтарса пымассĕ. Ун çинчен район вăрман хатĕрлес, суракине хатĕрленес ĕçсем енĕпе юлса пыни уççăн çирĕплетсе парать.

Районти колхозсем ситес çураки валли вăрлăх хатĕрлемелли плана пĕтĕмпе те 89,4 процент, вăл шутра кантăр вăрри—39,4 процент, нумай çул ÿсекен курăк вăрри—38,2 процент çеç тултарнă. Калинин ячĕпе тăракан колхоза 700 центнер вăрлăх кирлĕ пулсан, халĕ 322 центнер çеç пур. Чылай колхозсенче хĕллехи агротехникăллă ĕçсене япăх туса пырассĕ.

Суракине хатĕрленес тĕлĕшпе уйрăмах МТС япăх ĕçлет. Вăл тракторсем юсамалли плана 40 процент çеç тултарчĕ. Январь уйăхĕнче 2 трактор çеç юсанă. Плугсемпе сеялкăсем тата культиваторсем юсасси юлса пырать. Çакă вăл МТС руководителĕсем IV-мĕш кварталта тунă ĕçсемпе лăпланса ларнинчен килнĕ. Мастерскойĕнче тухăçлăн ĕçлеме условисем туса паман. Рабочисем пурăнакан общежитинче нимĕнле культурăлăх та çук. Мастерскойра ĕçлекенсем валли столовăй усман.

МТС горючипе çĕрмелли япаласем илсе килме васкамасть. МТС-ри парторганизаци суракине хатĕрленес ĕçри ситменлĕхсене пĕтерес енĕпе начар ĕçлет, рабочисем хушшинче социализмлă ăмăртăва ертсе пымасть, агитациллĕ-массăллă ĕçе япăх организацилерĕ.

Докладчик тата тухса калакансем колхозсенче выльăхсене хĕл каçарас ĕçри ситменлĕхсем çинче те чарăнса тăчĕç. Выльăхсене пăхас ĕçри обезличкăна пĕтермен пирки хăшпĕр колхозсенче выльăхсем начарланса кайнă, вилнĕ тĕслĕхсем палăрассĕ. Ленин ячĕпе тăракан колхозра, акă, начар ÿтлĕ выльăхсен хисепĕ 60—70 процентран та иртет.

Парти активĕн пухăвĕ критикăпа самокритикăна анлăн сарса янă никĕс çинче иртрĕ. Тухса калакансем ĕçри ситменлĕхсене пĕтерес тĕлĕшпе паха сĕнÿсем пачĕç.

Парти активĕн районти пухăвĕ вырăнти Советсен суйлавне хатĕрленсе ирттерес, суракине хатĕрленес тата выльăхсене лайăх хĕл каçармалла тăвас тĕлĕшпе ситес вăхăтра тумалли ĕçсене палăртса тивĕçлĕ решени йышăнчĕ.

**Х. ЛИСИН.**

* * *

СЕНТЕР. КПСС Чăваш обкомĕн III-мĕш пленумĕн ĕçĕсем çинчен парти райкомĕн секретарĕ М. Перлов юлташ тунă доклада парти активĕн районти пухăвĕ тĕплĕн сÿтсе явре.

Доклад тăрăх тухса калакансем колхозсенчи ĕçсемшĕн парторганизацисен ответлăхне ÿстерме çителĕксĕр тăрăшнăшăн КПСС райкомне хытă критиклерĕç.

— Республикăра малта пыракан колхозсем,— терĕ «Колос» колхоз председателĕ Ефремов юлташ,—çĕрĕç культурине пĕрмаях ÿстерсе пынипе çулсеренех пысăк тухăçлă тырпул туса илессĕ. Эпир те уйрăм условисенче пурăнмастпăр, анчах пирĕн районта тырпул тухăçлăхĕ чылай сахалрах. Çакă вăл районти колхозсенче çĕрĕçне малта тăракан агротехника наукине хушнă пек туманнине кăтартса парать. Çак пысăк ситменлĕх КПСС райкомне нимĕн чухлĕ те пăшăрхантармасть. Вăл районти ялхуçалăх пайĕ, машина-трактор станцийĕ тата ялхуçалăх специалисчĕсем çителĕксĕр ĕçленине килĕшсе пурăнать.

«Знамя» колхоз председателĕ Зиньков юлташ тырпул тухăçлăхне ÿстерес, ялхуçалăх ĕçĕсене срокра ирттерес, обществăллă выльăх-чĕрлĕхĕн йышĕпе тухăçлăхне ÿстерес ĕçре çителĕклĕ пулăшса пыманшăн МТС директорĕпе унăн политика енĕпе ĕçлекен заместительне критиклерĕ.

МТС директорĕн политика енĕпе ĕçлекен заместителĕ Карабаев юлташ МТС ĕçĕнчи ситменлĕхсене кăтартса панине кăмăллă йышăннă пек пулчĕ. Анчах юлашкинчен критикăна тÿсме пултарайманнине уççăнах кăтартса пачĕ.

— Халĕ иртнĕ çулхи ситменлĕхсем çинчен каласни никама та усă кÿмест. Зиньков юлташ кунта хăй нумай пĕлекен критик пулнине кăна кăтартса пачĕ, — терĕ вăл.

«Заря» колхоз председателĕн заместителĕ Никольский юлташ районти ялхуçалăх специалисчĕсем çителĕксĕр ĕçленине палăртрĕ.

— Районти ялхуçалăх пайĕн тата МТС агрономĕсем колхозсенче питĕ сахал пулассĕ,— терĕ вăл.—Пирĕн колхозра агрономсенчен кам та пулин ялхуçалăх ыйтăвĕпе доклад е лекци туса панине астумастăп эпĕ.

Пренире 13 çын тухса каларĕ. Пуху вырăнти Советсен суйлавне лайăх хатĕрленсе ирттерес, ситес суракине кăтартуллă хатĕрленес тата обществăллă выльăх-чĕрлĕхе ăнăçлă хĕл каçарас тĕлĕшпе районти парторганизаци умĕнче тăракан практикăллă задачăсене палăртса, тивĕçлĕ решени йышăнчĕ.

**А. СОЛОВЬЕВ.**

# Ячĕшĕн ирттернĕ пленум

— Виçĕ пайĕнчен икĕ пайĕ пухăннă,—терĕ райком секретарĕ М. Евдокимов юлташ.—Ултă çын тивĕçлĕ сăлтавпа килмен, ыттисем çул çинче... Мĕнле, пленума уçатпăр-и?..

— Уçас!—терĕç кĕтсе ларса йăлăхнă райком членĕсем.

Вунпĕр сехетре палăртнă пленум кăнтăрла иртсен икĕ сехетре пуçланчĕ.

Пленум пырать. Регистраци списокĕнче 53 райком членĕнчен 31 çын çырăннă. Çакă вăл пленум составĕн 58 процентĕ çеç пулать. Райком членĕсем Д. Чамайкин, К. Данилов, Г. Мартынов тата С. Ефимов юлташсем доклад хыççăн тин çитрĕç.

Пленума чĕннĕ партипе совет активĕнчен 18 çынна регистрациленĕ. Çапла вара, залра пурĕ 63 çын пулмалла. Пленум ĕçленĕ вăхăтра залра 52 çынтан ытла курăнмарĕ. Вунпĕр коммунист ячĕсене сыртарнă та, çаврăнса утнă.

Пленум виçĕ сехет кая юлса пуçланни, райком членĕсенчен 16 çын нимĕнле сăлтавсăр пыманни тата регистрациленĕ 11 коммунист пленумра пачах пулманни мĕн çинчен калассĕ-ха?

Районти парторганизацире дисциплина вырăнта мар. Партин пур членĕсемшĕн те обязательно пулса тăракан дисциплинăна райком членĕсем хăйсем пăсассĕ. Çакă вăл юлашки пленумра кăна мар, ун умĕнхи пленумсемпе активсенче те палăрнă. Райком руководителĕсем çакна курассĕ, анчах дисциплинăна çирĕплетме тăрăшмассĕ.

Вăрман хатĕрлемелли плана вырăнти Советсен суйлавĕ кунĕ тĕлне турттармалла тăвас ыйту тăчĕ райкомăн черетлĕ пленумĕнче. Докладчик М. Евдокимов юлташ юлашки вăхăтра районти колхозсем вăрман хатĕрлевне хутшăнса ĕçлесси сÿрĕкленнине палăртрĕ. Уйрăмах кăснă йывăçа турттарса кăларас ĕç юлса пырать. Анчах докладчик, ыйтăва политикăллă хак парса, ĕç сÿрĕкленнин сăлтавне уçса кăтартмарĕ. Сăлтав, тĕпрен илсен, парти райкомĕпе райсовет исполкомĕ çителĕклĕ мера йышăнманнинче. Апла пулин те докладра район руководителĕсен адресĕпе критика пулмарĕ. Докладчик партиллĕ-организациллĕ, партиллĕ-политикăллă ĕç çинчен сахал чарăнса тăчĕ, социализмлă ăмăрту пирки пĕр сăмах та каламарĕ. Вăрман хатĕрлемелли плана срокчен тултарас тĕлĕшпе Куславкка районĕ кампа ăмăртса ĕçлет, Комсомольски район чĕнсе калани тăрăх мĕн тунă?—çак ыйтусем докладра палăрмасăр юлчĕç. Пĕр сăмахпа каласан: ĕçре мĕнле, докладра та çавăн пек пулса тухрĕ.

Пленума тĕплĕн хатĕрленмесĕр ирттерни ыйтăва сÿтсе явнинче те курăнчĕ. Доклад тăрăх президиум хистенипе 7 çын тухса каларĕ. Вĕсенчен райком членĕсем тăваттăн пулчĕç. Пленумра ларнă парторганизаци секретарĕсенчен пĕри те тухса калама кăмăл тумарĕ.

Трибуна умне малтан хатĕрленмесĕр тухнă ораторсем цурте пекех хăйсен ĕçĕ çинчен отчет тунă пек каларĕç. Юлса пыракан колхоз председателĕсем В. Большовпа Пименов юлташсем хăйсем лăпкă чунлă пулнине, государствăн ответлă заданине пурнăçлассишĕн çунманнине кăтартрĕç.

Пленумсен ĕçĕнче паха опыта сарасси, малта пыракансем пек ĕçлеме вĕрентесси тата ĕçри ситменлĕхсен сăлтавĕсене кăтартса парасси паллă вырăн йышăнмалла. Райкомăн юлашки пленумĕнче çакă пачах та пулмарĕ вара. Вăрман хатĕрлемелли плана срокчен тултарнă колхоз председателĕсем е парторганизаци секретарĕсем хăйсен ĕç меслечĕсемпе ыттисене паллаштарма кирлĕ тесе шутламарĕç. Пленума ертсе пыракансем те çав ситменлĕхе тÿрлетмесĕр хăварчĕç.

Пĕр сехет доклад итленĕ, тепĕр сехет калаçнă хыççăн пленум решени йышăнчĕ те, çакăнпа хăйĕн ĕçне вĕçлерĕ. Пленум вăрман турттармалли плана суйлав кунĕ тĕлне тултарма, планран ирттерсе 10 процент йывăç хатĕрлесе тата турттарса пама обязательство илчĕ. Анчах çак обязательствăна коммунистсен тата колхозниксен пухăвĕсенче сÿтсе явма сĕнмерĕç.

Партин вырăнти комитечĕсен пленумĕсене парторганизацисем умĕнче тăракан задачăсене сÿтсе явма, çав задачăсене татса парас ĕçре комитет членĕсен ответлăхĕпе активлăхне хăпартма пухаççĕ. Пленумсем унпа пĕрлех ертсе пыракан кадрсене коммунистла воспитани пама, самокритикăна тата аялтан килекен критикăна вăйлатма, парти органĕсем ертсе пырассине массăсем патне çывхартма пулăшассĕ. Куславкка райкомĕн ячĕшĕн ирттернĕ юлашки пленумĕ хăйĕн умне лартнă задачăна пурнăçларĕ тесе калама хĕн.

**Т. ИВАНОВ.**
(Хамăр корр.).

# Колхоз хуçалăхĕ мĕн пирки ÿсмест?

Етĕрне районĕнчи Жданов ячĕпе тăракан колхозăн тырпул акмалли çĕр лаптăкĕ 1.043 гектар, çарансемпе кĕтÿ çÿретмелли вырăнсем 488 гектар. Колхозра 245 хуçалăх шутланать, вĕсенче ĕçлеме пултаракан вăйпитти çынсем 337 колхозник. Çакна пăхсан, колхозра артель хуçалăхне вăйлатма, тухăçлă тырпул туса илме, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе çĕклесе яма, колхозниксен пурнăçне çултан-çул лайăхлатса пыма кирлĕ условисем пурте пур. Анчах та колхозăн обществăллă хуçалăхĕ 1950 çултанпа ÿсменпе пĕрех. Мĕнтен килет-ха çакă вăл?

Колхоз правленийĕпе унăн председателĕ Александров юлташ, çавăн пекех тата колхозри бригадирсемпе выльăх-чĕрлĕх фермисен заведующийĕсем хăйсен ĕçĕсене начар туса пыраççĕ, тырпул тухăçлăхне ÿстерессишĕн кĕрешмеççĕ, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе çĕклесе ярассишĕн, унăн тухăçлăхне ÿстерессишĕн, выльăх-чĕрлĕх валли апат çителĕклĕ туса илессишĕн тăрăшмаççĕ. Кунсăр пуçне колхоза районти организацисем те кирлĕ пек пулăшни çук.

Ĕнтĕ виçĕ çул хушши колхоз тырпул тухăçлăхне хăпартас тĕлĕшпе панă плансене пĕр культура тăрăх та тултарни пулман. Тырпул туса илес тĕлĕшпе колхоз агротехника ĕçĕсене пĕрре те пурнăçа кĕртсе пымасть. Çав фактсене кăна илсе кăтартăпăр. Пусă çаврăнăшĕн çиччĕмĕш уйне 1950 çултанпа нимле удобренипе те çемçетмен, тăваттăмĕш уйне 15 çул хушши нимле удобрени те хывман. 1952 çулта колхозăн уй-хире 4.300 тонна тислĕк, 500 центнер кайăк-кĕшĕк каяшĕ, 200 центнер кĕл кăлармалла пулнă. Çак плана тултарассишĕн пĕрре те тăрăшса ĕçлемен. Çавна пула вара тислĕк мĕн пурĕ те 2.955 тонна кăна кăларнă. Çитменнине кăларнă удобренипе те усă курма тăрăшман.

Уй-хирсене çемçетме колхозра та, колхозниксен килĕсенче те тислĕк темĕн чухлех. Акă, сурăх фермипи тата колхозниксен килĕсенчи тислĕке 1951 çултанпа кăлармаççĕ.

Çакна та палăртса хăварас пулать. Районти ялхуçалăх специалисчĕсем Жданов ячĕпе тăракан колхоза сахал пулăшаççĕ. Ку колхозра вĕсем сахал пулаççĕ. Акă, колхозра агротехника курсĕ икĕ çул хушши ĕçлемест. Ялхуçалăх специалисчĕсем çав курса йĕркелесе ярас тесе нимĕн те туман.

Колхоз правленийĕ обществăллă хуçалăха ÿстерме тăрăшманнине тата çак фактсем лайăх кăтартса параççĕ. 1952 çулта пахча çимĕçсем, уйрăмах купăста вăйлă пулнă. Вĕсене сутса колхоз 70.000 тенкĕ ытла укçа тума шутланă. Анчах колхоз правленийĕпе унăн председателĕ çав плана пурнăçа кĕртес тесе нимĕн те туман. Тÿррипе каласан, тумалли те нумай пулман; мĕншĕн тесен çав пахча çимĕçсене Етĕрне пасарне леçме лашасем çителĕклĕ пулнă. Шупашкар пасарне леçме те май килнĕ. Лашасемсĕр пуçне купăстана колхоз Шупашкара пушăлла каякан машинăсем çине тиесе яма пултарнă. Кунта мĕн пурĕ те колхоз руководителĕсен çаврăнăçулăхĕ кăна пулман.

1952 çулта колхоз уйĕнче кантăр та вăйлă пулнă. 30 гектар çинчен пухса кĕртнĕ кантăр çурăмĕсем колхоз руководителĕсем, пуринчен те ытларах бригадирсем тăрăшманнине пула ку таранччен тĕрлĕ çĕрте сапаланса выртаççĕ. Главзаготлен кантурĕпе тунă договор тăрăх çав кантăра парса колхоз темиçе вунă пин тенкĕ укçа илмелле пулнă.

Çак йĕркесĕрлĕхсене кура колхоз государство умĕнче пысăк парăмлă пулвинчен тĕлĕнмелли те çук. Колхозăн налог та, страховка укçи те нумай памалла тата ытти тÿлевсене те парса татман.

Колхоз сысна витипе пăру вити тума тытăннă, анчах та çав строительствăна туса пĕтерме кирлĕ материалсене илме укçа çук. Кайăк-кĕшĕк витипе путек вити лартмалла, пур пек витесене юсамалла, анчах строительство материалĕсем илме вăй çитмест.

Обществăллă выльăх-чĕрлĕхе мĕнле пăхни çинчен каласа кăтартма тата йывăртарах. Майракаллă шултра выльăх, çавăн пекех тата кайăк-кĕшĕк йышне ÿстермелли плана тултарман. Выльăх-чĕрлĕхе нумай пусса пĕтереççĕ. Государствăна аш-какайшăн памалли выльăх-чĕрлĕхе самăртмаççĕ. Выльăхсем ырхан пулнă пирки 1952 çулта колхозăн 1.350 килограмм ытларах аш-какай пама тивнĕ.

Кайăк-кĕшĕк ĕрчетмелли плана тултарас тĕлĕшпе те ĕçсем япăх. Вĕсене усрама вите çук. Пулнă, анчах ăна сыснасем валли илнĕ. 1952 çулта инкубаци станцийĕнчен 3.000 чĕпĕ илнĕ, анчах чăх-чĕп вити çуккипе, вĕсенчен 2.600 чĕппине хăй хакĕпех сутса янă.

Колхозра ку таранччен те выльăх апачĕ хатĕрлес тĕлĕшпе ĕçлекен бригада организацилемен. Виçĕ çул хушши выльăх-чĕрлĕх фермисенче концентрациллĕ апатсемпе сĕтеклĕ апатсем кăна мар, утă-улăм та çитсе пымасть. Çавна пула колхоз правленийĕ выльăх апачĕ илме темĕн чухлĕ укçа, тырă пĕтерет. Халĕ те колхозăн пур пек выльăх-чĕрлĕхе хĕл каçарма апат нумай çитмест.

Колхоз руководителĕсен çакна ăнланса илмелле: ятарласа бригада организацилемесен, выльăх апачĕ çителĕклĕ туса илме пулмасть.

Сурăхĕсем пурте лайăх ăратран. Анчах вĕсене начар пăхаççĕ. Кормушкăсем çуккипе апата тÿрех тислĕк çине пăрахса пăраççĕ. Вите пеккинче тĕттĕм. 1953 çулта 270—280 путек кĕтеççĕ. Çав вăхăтрах путексем валли тунă сурт-ра нумай-нумай 90—100 путек вырнаçма пултарать, вăл та пулин çап-çарах, нимĕнле оборудовани те çук. Сурăхсем пурте вараланса пĕтнĕ, вĕсене нихçан та тасатмаççĕ, йăхлăх хăварнă такасем çав тери таса мар.

Сысна ферми валли иккĕмĕш вите тума тытăннă, ăна туса пĕтерес тесе никам та тăрăшмасть. Çавăн пирки 33 сысна пĕр колхозник патĕнче ахаль сарайĕнчех пурăнаççĕ. Вĕсене пăхма никама та уйăрса лартман. Çапла вара, вĕсене час-часах апат кунне пĕр хут кăна лекет. Ферма заведующийĕ пулса Розов юлташ ĕçлет. Унтăн пулсан пурпĕрех, сыснасем выçă тăраççĕ-и, вĕсене апат панă-и, çук-и.

Ĕне ферминчи ĕçсем тата начартарах. Ĕнесене виçĕ çуртра вырнаçтарнă, сурчĕсене ку таранччен те юсаса çитермен, вĕсенче сивĕ. Пăрусен витине туса çитермен, ĕне вити çумĕнче çавăн евĕрлĕ тепĕр çурт пур, анчах вăл та çап-çарах, нимĕнле оборудовани те çук. Кормозапарник ĕçлемест, ĕнесене пăр пек сивĕ шывпа кăна шăвараççĕ. Пушмак пăрусем халех ĕнтĕ начарланса, ырханланса çитнĕ. Вĕсем валли утă çук, сĕрулми пĕçерсе памаççĕ.

Районти организацисен Жданов ячĕпе тăракан колхоза халех чăн-чăн пулăшу памалла, резолюцисем йышăннипе лăпланса лармалла мар. Пуринчен малтан колхоза обществăллă выльăх-чĕрлĕх витисем лартма кирлĕ материалсем уйăрса памалла, çавăн пекех тата вутă та кирлĕ.

**Н. ШАШУРИН.**

# Сталинград гидроэлектростанцине тунă çĕрте

Коммунизмăн аслă стройкине тума пуçланăранпа виççĕмĕш хĕл çитрĕ. Строительствăра ĕçлекенсем çак хĕле ĕçри хастарлăхпа кĕтсе илчĕç. Атăлăн икĕ енче те, утравсем çинче те экскаваторсем, земснарядсем, тракторсем кĕрленĕ сасă кунĕн-çĕрĕн чарăнмасть. Опытлă строительсем, вăйлă механизмсемпе усă курса, сивĕ çанталăк тăрать пулин те, пулас гидроузелăн тĕп сооруженийĕсене тумалли вырăна хĕрсех никĕс хураççĕ.

ГЭС строительствине малтанхи кунсенчех çав тери нумай япаласем—материалсем, механизмсем кирлĕ пулнă. Вĕсене хăвăрт турттарса пыма часах чугун çул хывнă. Чугун çул станцийĕсем иккĕ туса лартнă.

Виççĕмĕш станци тĕлĕнмелле вырăнта—шыв çинчен çĕр аллă метра яхăн çÿлте — сывлăшра пулать. Ку вăл — Атăл урлă каçмалли канатлă çул станцийĕ. Бетон тума кирлĕ материалсем кăлармалли карьерсем пурте Атăлăн сылтăм енче. Анчах тĕп гидросооруженисем Атăлăн сулахай çыранĕнче пулаççĕ. Çак халĕ тума тытăннă канатлă çул бетон тăвакан завода япаласем турттарма кирлĕ.

Сывлăшра темĕн чухлĕ грузсем тытăнса тăмалла пулать. Тиемелли, пушатмалли механизмсен йывăр системи пулăшнипе чугун çул çинчи платформăсем патĕнчен пуçласа бетон заводĕнчи бункерсем патне çитиччен — çын алли пĕр тĕкĕнмесĕрех вĕтĕ чулпа хăйăр илсе пыма пулать. Сывлăшра вĕçĕ-хĕррисĕр груз шăвать.

Сылтăм енчи çыранра икĕ тĕрек айне никĕс хываççĕ. Пĕри — туртăнтарса тăракан тĕрек, иккĕмĕшĕ — тимĕр бетонлă анкернăй тĕрек.

Проектировщиксем шухăшланă тăрăх икĕ тĕрекĕ те тип çĕр çинче мар, шывра, çыран çывăхĕнче пулмалла. Строительсем умне пĕр йывăр задача тухса тăнă: Атăл шывне çыран хĕрринчен аяккарах юхтарса ямалла, котлован тумалла, ăна типĕтсен çеç бетонлама тытăнмалла пулнă.

Строительсем перемычкăсем тума тытăнчĕç. Автосамосвалсем çыран хĕрринчен тÿрех шыва чул, хăйăр тăкаççĕ. Шыв урлă тата шыв тăрăх тăвакан перемычкăсем тăп-тăваткал кĕтесех пулаççĕ, вĕсен лаптăкĕ 400 тăваткал метр.

Шывпа кĕрешме уйрăммăнах йывăр пулнă. Пур енчен те — Атăл енчен те, перемычка витĕр те, котлован тĕпĕнчен çăлкуçĕсем пек шыв тапса юхнă.

Пĕррехинче кĕркунне темĕн пысăкăш хум вăйлăн лырса çапнипе перемычка чăтайман, котлована хĕрри таранах шыв тулса ларнă. Котлован тĕпĕнче вара механизмсем юлнă.

Урса кайнă Атăла хирĕç вара çав участокри коллектив Кузьмин юлташ ертсе пынипе темиçе сехет хушши пĕтĕм вăйла хурса кĕрешнĕ. Хăватлă электронасуссем шыва Атăла сирпĕтнĕ, строительсем хум татса кĕнĕ вырăна чулсем пăрахса пĕвеленĕ.

Перемычка çакăн хыççăн хумсене аванах тÿссе ирттернĕ.

Канатлă çул Атăлăн сылтăм çыранĕнчен Песчанăй утрав çине çитиччен пулать. Хĕррисенчен вĕсене хăватлă анкерлă тĕрексем тытса тăмалла. Канат тăрăх шăвакан вагонеткăсем гидросооружени патне йывăр япаласем илсе пымалла пулать.

1952 çулхи декабрь уйăхĕнче канатлă çул çинчи юпасен — тимĕр тĕрексен вырăнĕсене бетон хывма тытăннă. Атăл шывĕн шайĕнчен 16 метр аялта бетон хывас ĕçсем пуçланнă. Кунти ĕçе Тарасенко юлташ ертсе пырать. Малтанах бетона çăлкуçĕсенчен тухакан шыв çинех хума тивнĕ. Кĕске вăхăт хушшинчех кунта 300 пин литр ытла шыв уçласа кăларнă.

Тĕрексен никĕсне тума 500 кубометр бетон хунă та ĕнтĕ. Йывăр ĕçсене туса пĕтернĕ. Кунта каланă пек: строительсем шывран хăтăлнă. Бетонлă никĕсĕн çÿлĕшĕ халĕ 15 метр.

Атăл йÿпленнĕ тĕлте, Песчанăй утрав çинче, хĕллехи йывăр условисенчех котлован тăваççĕ. 1.005 номерлĕ земснаряд гидроэлектростанцин тĕп çурчĕ айĕнчи котлованран юлашки пин кубометр çĕре кăларать.

Гидромеханизаторсен ĕçне Атăл çинче кĕркунне юхакан пăр та чараймарĕ. Халĕ ГЭС çурчĕ тумалли котлованра тăватă земснаряд ĕçлет. Земснарядсен понтонĕсене тÿрех пăр çинех хунă. Кунти ĕç пĕтсенех земснарядсене бетонлă водосливнăй пĕве тунă çĕре куçараççĕ. Сталинград гидростройĕнчи гидромеханизаторсем иртнĕ çул котлованран 10 миллион кубометр çĕр кăларнă. 1.005, 321, 322 номерлĕ земснарядсен коллективĕсем уйăхран уйăхах хăйсен заданийĕсене ирттерсе тултараççĕ.

Котлован патне пырсан кашни çынах Атăл енче темĕн чухлĕ хурçă цилиндрсем курать. Вĕсем котлована Атăл енчен хÿтĕлеççĕ. Ку стена металтан тунă юпасенчен тытăнса тăрать. Çакă вăл гидроузел сооруженийĕсене çил-тăвăллă вăхăтсенче Атăл хумĕсенчен тата çурхи шывран сыхлама кирлĕ.

Котлован туни Атăла чылаях ансăрлатать. Çакна пула шыв хăвăртрах юхма тытăнать, çавăнпа перемычкăсене шыв ватас хăрушлăх пур. Гидроэлектростанци котлованне халĕ тăвакан хурçă хÿтлĕх Атăл шывĕнчен шанчăклăн сыхлĕ.

Çак кунсенче Песчанăй утравĕ çинче Сталинградстрой механизаторĕсем ятарласа тунă приборсемпе—вибропогружательсемпе—е тимĕртен тунă юпасене çапса кĕртеççĕ. 13—15 метрлă çав тери пысăк юпасем шăннă çĕр ăшне шăтарса кĕреççĕ.

Атăлпа Урал шывĕсене пĕрлештермелли тĕп канал строительстви анлăн сарăлчĕ. «Уралец» ятлă виçĕ кубометр çĕр ăсакан экскаваторсемпе ĕçлекенсем каналăн пуçламăш çинче километрне чавса тухрĕç.

Атăлпа Дон хушшинчи канала тунă çĕрте ĕçленĕ строительсен тĕслĕхĕпе усă курса, шоферсемпе механизаторсем комплекслă бригадăсем организацилеççĕ. Пĕрремĕш комплекслă бригадăна Атăлпа Дон хушшинчи канала тунă çĕрте чапа тухнă, Социализмлă Ĕç Геройĕ Слепуха ертсе пырать. Экскаваторщиксемпе шоферсем пĕр тикĕс, лайăх ĕçлеççĕ. Кунта вăхăта секундпа шутлаççĕ: кашни 12—15 секундра канал трассинчен виçĕ кубометр çĕр кăлараççĕ.

Атăлпа Урал хушшинчи канала тунă çĕрте çĕр чавакан çĕнĕ механизмпа усă курма пуçлаççĕ. Кун пек тухăçлă ĕçлекен машина халиччен пулман-ха. Вăл пĕр сехетре пин çурă кубометр çĕр чавма пултарать. Вăл вунтăватă кубометр тăпра ăсакан экскаватортан та вăйлăрах. Çĕре утмăл сантиметр тарăнăш чавса илет те хĕрĕх пилĕк метр аяккалла ывăтать.

Сталинград ГЭС-не тунă çĕре пирĕн Тăван çĕршыври тĕрлĕ хуласенчи заводсенче тунă чаплă механизмсем кашни кулленех пырса тăраççĕ. Коммунизмăн аслă стройкинче ĕçлекенсем, иртнĕ хĕллехи опытпа усă курса, хăйсен ĕç тухăçлăхне ÿстерсех пыраççĕ.

**И. РОДИОНОВА.**



ÿКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Сталинград гидроэлектростанцине тунă çĕрте Песчанăй утрав çинче тăвакан перемычкăна шыв ватасран сыхлама хурçă юпасем çапса лартаççĕ.

А. МАКЛЕЦОВ фотоÿкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

КĔРКУННЕПЕ ХĔЛЛЕХИ ВĂХАТРА ВАРМАН ХАТĔРЛЕМЕЛЛИ ПЛАНА «ЧĂВАШВАРМАН» ТРЕСТ ЕНЕПЕ 1953 ÇУЛХИ ФЕВРАЛĔН 5-мĕшĕ ТĔЛНЕ ТУЛТАРНИНЕ КĂТАРТАКАН

СВОДКА

(процентпа)

| Районсем | Касса хатĕрленĕ | Çул хĕррине илсе тухнă | Турттарса кăларнă |
|---|---|---|---|
| Улатăр | 41,3 | 48,8 | 41,3 |
| Элĕк | 44,9 | 31,9 | 27,2 |
| Вăрнар | 46,7 | 39,7 | 50,5 |
| Йĕпреç | 38,6 | 20,8 | 23,8 |
| Ишлей | — | — | 44,5 |
| Калинино | 41,6 | 51,7 | 40,5 |
| Канаш | 51,5 | 23,6 | 28,2 |
| Комсомольски | 91,6 | 46,2 | 70,9 |
| Куславкка | 113,6 | 64,0 | 105,0 |
| Красноармейски | 37,3 | 5,5 | 27,6 |
| Хĕрлĕ Чутай | 50,2 | 19,7 | — |
| Кувакино | 38,3 | 20,9 | 39,2 |
| Сĕнтĕрвăрри | 80,9 | 60,2 | — |
| Муркаш | 79,5 | 70,8 | — |
| Октябрьски | 81,8 | 68,6 | 39,8 |
| Первомайски | 74,2 | 37,9 | 40,0 |
| Пăрачкав | 59,2 | 61,2 | 16,7 |
| Советски | 41,1 | 62,9 | 17,4 |
| Сĕнтĕр | — | 25,8 | — |
| Вăрмар | 61,9 | 15,9 | 43,5 |
| Çĕрпÿ | 30,2 | 10,6 | 34,5 |
| Шупашкар | 136,6 | 123,8 | 122,6 |
| Чкаловски | 93,9 | 49,2 | 39,0 |
| Çурачăк | 57,4 | 34,6 | 73,7 |
| Шăмăршă | 59,8 | 16,0 | 59,6 |
| Шăхасан | 55,6 | 27,4 | 32,7 |
| Çĕмĕрле | 67,9 | 77,9 | 101,5 |
| Етĕрне | — | 19,0 | 36,7 |
| Елчĕк | 26,6 | 85,1 | 29,9 |
| Тăвай | 40,3 | 10,6 | 28,7 |

## Совет Çарĕн кунне хатĕрленеççĕ

ШĂХАСАН. Районти шкулсемпе вулав çурчĕсенче тата клубсенче Совет Çарĕ 35 çул тултарнине паллă тума хатĕрленеççĕ. Уйкас Кипекри клубра Совет Çарĕн чаплă çĕнтерĕвĕсемпе паллаштаракан паха витрина тунă. Çавăн пекех Совет Çарĕ, Совет Союзĕн Геройĕсем çинчен калакан кĕнекесен витринине йĕркеленĕ.

Февралĕн 23-мĕшĕнче кунта Совет Çарĕ 35 çул тултарни çинчен доклад пулать, пултарулăх коллективĕсем концерт кăтартаççĕ.

Ушанарти клубра та Совет Çарĕн кунĕнче доклад тата вечер пулать. Çичĕ çул вĕренмелли шкулта вĕренекенсем «Совет çарĕ—мир тĕрекĕ» темăпа фотоальбом хатĕрлеççĕ.

**Г. ЛУЧ.**

## Икĕ çулталăкри ĕç норми

Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденлĕ заводри изоляционнăй цехри комсомолецсемпе çамрăксем патриотла ĕç пуçарчĕç. Çĕнĕ çулта цех коллективĕ умĕнче тăракан задачăсем çинчен сÿтсе явнă хыççăн, вĕсем кăçал ĕç тухăçлăхне ÿстерсе, икĕ çулталăкри ĕç нормине тултарассишĕн социализмлă ăмăрту пуçарма йышăннă.

Çамрăк рабочисем хăйсен сăмахне чыслăн пурнăçлаççĕ. Цветков, Иогенен, Хорошев, Матвеев, Афанасьева юлташсем кашни кунах сменăри ĕç нормине 200 процент тултараççĕ.

Çак цехри комсомолецсемпе çамрăксен паха пуçарăвне ытти цехсенчи çамрăк рабочисем те хапăл туса йышăннă. Штамповочнăй, металлически цехсенчи çамрăк рабочисем кăçал икĕ çулталăк нормине тултарассишĕн кĕрешеççĕ.

Крепежнăй цехра ĕçлекен комсомолецсемпе çамрăк рабочисем изоляционнăй цехра ĕçлекен комсомолецсен пуçарăвне сÿтсе явнă. Çамрăк рабочисем кăçалхи задание 150 процентран кая мар пурнăçлама сăмах панă. Капустин, Гордеев, Ионов тата ытти рабочисем çулталăкри задание 160—190-шар процент пурнăçлама обязательство илнĕ.

«СТАЛИНЕЦ» хаçатран.

# Вĕрентÿпе воспитани ĕçне лайăхлатассишĕн

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕн историллĕ решенийĕсемпе хавхаланса, пирĕн республикăри педагогсен коллективĕсем хĕрÿллĕрех, хастарлăрах ĕçлеме тытăнчĕç.

Партипе правительство кăтартăвĕсене пурнăçласа, пурне те çичĕ çул вĕрентмелле тăвас тĕлĕшпе республикăра чылай пысăк ĕçсем туса ирттернĕ.

Кăçалхи вĕренÿ çулĕнче Канаш районĕнчи Сиккассинчи, Красноармейски районĕнчи Именкассинчи тата Элĕк районĕнчи Ураскилтри çичĕ çул вĕренмелли шкулсене вунă çул вĕренмелли шкулсем туса хунă. Шупашкар хулинче 7-мĕш классенчен вĕренсе тухнă ачасен 85 проценчĕ вăтам шкулсенчи 8-мĕш классенче вĕренет. Пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх вĕçне вара Шупашкарта 7-мĕш классенчен вĕренсе тухнă ачасене пурне те 8-мĕш классенче вĕрентме тытăнмалла.

Сталин юлташăн чĕлхе çинчен вĕрентекен гениллĕ ĕçне тĕплĕн вĕренсе пынипе, юлашки çулсенче пирĕн республикăра ачасене пур предметсемпе те лайăх вĕрентес ĕçĕн идейăллă-политикăллă шайĕ чылай ÿсрĕ.

Шупашкарти 1-мĕшпе 2-мĕш тата Сĕнтĕрвăрринчи, Етĕрнери, Тивĕшри, Сиявăри вăтам шкулсенчи педагогсен коллективĕсем вĕренÿ çулĕн пĕрремĕш пайĕнче вĕрентÿпе воспитани ĕçне лайăх туса пычĕç, япăх вĕренекен ачасен шутне чакарчĕç. Пуçламăш шкулсенчи, çичĕ çул вĕренмелли тата вăтам шкулсенчи 1.438 класра ĕлкĕрсе пыман ачасем пĕрре те çук.

Чĕлхепе литература вĕрентекен нумай учительсем ачасен пĕлÿлĕхне чылай ÿстерчĕç.

Математикăпа физика, химипе биологи вĕрентекенсем теорипе практикăна таччăн та туллин сыхăнтарма тытăнчĕç. Малта пыракан учительсем, парти кăтартăвĕсене тĕрĕс ăнланса илсе, ачасене политехникăна хăнăхтарас енĕпе чылай ĕçлеççĕ.

Анчах та вĕренÿ çулĕн пĕрремĕш пайĕн итогĕсем çакăн çинчен каласа параççĕ: çутĕç органĕсемпе шкулсен ĕçĕсенче пысăк çитменлĕхсем пур-ха, партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсене пур çĕрте те çителĕклĕ таран пурнăçа кĕртсе пымаççĕ-ха.

Республикăра ачасене пурне те вĕрентес план пурнăçланман. Вĕренÿ çулĕн пĕрремĕш пайĕнче виççĕр ача ытла тĕрлĕ сăлтавсем пирки шкула çÿреме пăрахнă.

Калинино районĕнчи учительсен январь уйăхĕнче пулса иртнĕ канашлăвĕ ачасене пурне те çичĕ çул вĕрентес плана тултарманшăн райсовет исполкомĕпе çутĕç пайне хытă критикленĕччĕ. Юнтапа ял Совечĕ тăрăх кăна 11 ачана шкула явăçтарман.

Ачасене пурне те çичĕ çул вĕрентес задача—çутĕç органĕсемпе ял Совечĕсен чи пысăк задачисенчен пĕри пулса тăрать. Вĕсен тĕрлĕ сăлтав пирки шкула çÿремен ачасене халех вĕренĕве явăçтарас тĕлĕшпе ĕçлес пулать тата шкула çÿрекен ачасем вĕренсе тухиччен шкула çÿреччĕр тесе тăрăшас пулать.

Вĕренÿ çулĕн пĕрремĕш пайĕн итогĕсем кăтартнă тăрăх, республикăра чылай ачасем вĕренÿре ĕлкĕрсе пыраймасть, çакă вăл мĕнпур вĕренекен ачасен шутĕнче 18,8 проц. чухлĕ пулать. Ĕлкĕрсе пырайман ачасем Улатăр, Хĕрлĕ Чутай, Шăмăршă, Шупашкар, Октябрьски тата ытти хăшпĕр районсенчи шкулсенче нумай.

Элĕк районĕнчи Вырăс Сурăмри вăтам шкулти, Советски районĕнчи Мăн Чурашри вăтам шкулти, Йĕпреç районĕнчи Буинскри вăтам шкулти, Шăхасан районĕнчи Ушанарти çичĕ çул вĕренмелли шкулти, Октябрьски районĕнчи Чечейкасси Туçари пуçламăш шкулти педагогсен коллективĕсем вĕренÿ çулĕн пĕрремĕш пайĕнче вĕрентÿпе воспитани ĕçне çителĕксĕр туса пынă.

Вĕренÿ çулĕн пĕрремĕш пайĕн итогĕсем вырăс чĕлхине япăх пĕлекен ачасем нумай пулнине тепĕр хут кăтартса пачĕç. Чылай шкулсенчи ачасем паян кунччене грамматика правилисене лайăх ăнланса илсе вĕренмеççĕ-ха, çыру чĕлхине те япăх хăнăхса пыраççĕ. Ку вăл хăшпĕр учительсем çыру чĕлхипе упражненисем сахал ирттернинчен тата вĕсем грамматикăллă разбор методикине япăх пĕлнинчен килет. Чĕлхепе литературăна вĕрентекен учительсен Сталин юлташăн чĕлхе çинчен çырнă гениллĕ ĕçне тăтăшах вĕренсе пырас пулать, унпа ачасене вĕрентес ĕçре кулленех усă курас пулать.

Ачасем вырăс чĕлхипе литературăна япăх пĕлни учительсемпе шкул руководителĕсем орфографипе пунктуаци тата литературăллă калаçăвăн правилисене çирĕп тытса пырассишĕн кĕрешменнинчен килет. Ку ĕçе педагогсен мĕнпур коллективĕ хутшăнмалла. Ачасем вулама та, калаçма та, çырма та лайăх пĕлмелле.

Республикăри шкулсен, уйрăммăнах вăтам шкулсен çитменлĕхĕсенчен пĕри вăл çакă пулса тăрать: вĕсем вĕренсе тухакансене практикăллă ĕçе япăх хатĕрлеççĕ, вĕренмелли материала ялхуçалăх, промышленность ĕçĕпе çыхăнтармаççĕ. Шкулсенчи техникăллă кружоксем, çамрăк натуралистсен кружокĕсем час-часах пурнăçран аякра тăраççĕ.

Çак çитменлĕхсем вĕсем хальхи техникăра никĕс пулса тăракан математикăпа физика тата химипе черчени предмечĕсене начар вĕрентнинчен килсе тухаççĕ. Пурнăçпа, производствăпа çыхăннă çăмăл задачăсене те тепĕр чухне нумай ачасем шутласа кăлараймаççĕ.

Математика вĕрентекен учительсен ачасене математикăллă теорие пурнăçпа таччăн çыхăнтарма вĕрентмелле, пурнăçран тухса тăракан кăткăс задачăсене шутлама хăнăхтармалла, виçмелли тата шутламалли приборсемпе куллен-кун паллаштармалла.

Физика, хими тата биологи вĕрентекен учительсен çак наукăсем техникăпа, промышленноçри производствăпа тата ялхуçалăхĕпе çирĕп çыхăнса тăнине кăтартса памалла.

Шкулсене политехнизацилес ĕçре шкул тулашĕнче пулса пыракан практикăллă вĕренÿ пысăк вырăн йышăнмалла, ăна кулленех аталантарса пымалла.

Кĕçĕн классенче (виççĕмĕшĕнчен пуçласа пиллĕкĕмĕшне çитиччен) «Аста аллăсен» кружокне тата аслă классенче (улттăмĕшĕнчен пуçласа вуннăмăшне çитиччен) хими, физика, математика, черчени, биологи тата ытти предметсемпе те çыхăннă кружоксене лайăхрах ĕçлеттермелле, вĕсен программисене анлăрах тумалла. Электричествăпа, радиопа, авиамодельсемпе, фотопа, тĕрлĕ машинăсен конструкцийĕсемпе интересленекен ачасен кружокĕсене хытă пулăшмалла. Кашни шкултах, кашни ача çуртĕнчех çамрăк натуралистсен кружокĕ пулмалла. Шкулсен çумĕнчи опытлă участоксенчи ĕçсем творчествăллă меслетсемпе пулса пымалла, наукăпа, ялхуçалăхĕпе таччăн çыхăнмалла.

Çакăнта асăннă задачăсене Çутĕç министерствипе унăн вырăнти органĕсен ĕçне лайăхлатмасăр пурнăçлама çук. Январь уйăхĕнче пулса иртнĕ канашлусенче учительсем Çутĕç министерстви ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пуррине палăртрĕç, учительсен пĕлÿлĕхне сарас тĕлĕшпе ĕçлекен Института хытă критиклерĕç.

Çутĕç министерствипе çутĕç пайĕсен учительсен ĕçне тĕрĕслессине, вĕсене тăтăшах пулăшса пырассине, инспекци ĕçне лайăхлатассине, малта пыракан учительсемпе шкулсен опытне сарассине вăйлатмалла.

Вăтам шкулсенче политехнизаци ĕçне сарса пырас тесен, вĕренÿре кирлĕ хатĕрсем ытларах пулмалла. Нагляднăй пособисемпе лаборатори хатĕрĕсене Главснабпрос урлă туянса пынипе пĕрлех, шкулсенче те тума пĕлмелле, вĕсене упраса сыхламалла.

Çутĕç министерствипе райсовет исполкомĕсен тата ял Совечĕсен шкулсен материальнăй никĕсне вăйлатма тăрăшмалла.

Партин XIX-мĕш съезчĕ халăха çутта кăларас тĕлĕшпе лартнă задачăсем пысăк та, хисеплĕ те.

Пирĕн республикăри учительсем, коммунистсен партийĕ ертсе пынипе, вĕрентÿпе воспитани ĕçне чăннипех лайăхлатĕç, ăна Сталинла самана тивĕçлĕ тăвĕç, коммунизм строителĕсене вĕрентсе хатĕрлĕç.

**Н. ТОКАРЕВ,**

**Чăваш АССР Çутĕç министрĕ.**

## *Çĕнĕ кĕнекесем*

Чăваш АССР Государство издательстви вырăсла тухакан «Дружба» альманахăн 4-мĕш кĕнекине пичетлесе кăларчĕ. Альманах Иван Пиняевăн «Путь открыт» ятлă сăввипе уçăлать. Кунсăр пуçне, унăн «У нового моря», «Отважные геологи», «Владимиру Маяковскому», «В Корее» тата ытти сăввисем пичетленнĕ.

Альманахăн поэзи пайĕнче Владимир Грибанов, Александр Яльмаров, Николай Сусленников, Николай Евстафьев, Надежда Черепанова, Борис Кауров тата ытти вырăс поэчĕсен сăввисене кĕртнĕ. Валентина Чаплинăн «В стенах института» ятлă сăвăллă водевилĕ пысăк вырăн йышăнать.

Çавăн пекех чăваш поэчĕсен сăввисене те вырăсла куçарса пичетленĕ. Кĕнекере чăваш халăх поэчĕ Петр Хусанкай сăввисемпе Чăваш халăх поэчĕ Яков Ухсай çырнă «Встреча в Лебяжьем» роман сыпăкĕ, Уйăп Мишшин, Аркадий Эсхель, Александр Алга, Стихван Шавлы, Георгий Ефимов, Василий Давыдов сăввисем пур.

Проза пайĕнче А. Студенецкий çырнă «От Чебоксар до Ростова» ятлă çул çинче çырса пынă заметкăсем, Владимир Садайăн «Озеро Лебяжье» калавĕ пичетленнĕ. Çавăн пекех кĕнекене Георгий Андреев, Анатолий Седов, Хветĕр Уяр калавĕсене кĕртнĕ.

Альманах тиражĕ 4.000 экземпляр. 222 стр., хакĕ 5 тенкĕ те 80 пус.

Çавăн пекех «Колхозник библиотеки» серипе С. Г. Григорьев çырнă «Пысăк тухăçлă кĕрхи тулă акса тăвасси» ятлă кĕнеке пичетрен тухрĕ. Автор ку кĕнекере Шупашкар районĕнчи «1-ое Мая» колхоз çумĕнчи сортсене сăнакан участок ĕçĕсемпе тĕплĕн паллаштарать. Кĕнеке тиражĕ 3.000 экз., 20 стр., хакĕ 25 пус.



Румыни Халăх Республикинчи предприятисенче производствăра малта пыракансен йышĕ ÿссех пырать. Пытĕ паллă новаторсене правительство Социализмлă Ĕç Геройĕ ятне парать. Нумай пулмасть Матиас Ракоши ячĕпе тăракан машинăсем тăвакан заводри (Бухарест) стахановеца Николай Васу токаре çавăн пек хисеплĕ ят панă. Н. Васу техникăпа питĕ лайăх усă курассишĕн социализмлă ăмăрту пуçарнă.

ÜКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Матиас Ракоши ячĕпе тăракан заводри рабочисем Николай Васу токаре (сулахай енчи) Социализмлă Ĕç Геройĕ ятне панă май саламлаççĕ.

РУМЫНИРИ ТЕЛЕГРАФ АГЕНТСТВИН фотоÿкерчĕкĕ.

## Румынири ĕççыннисем çулталăкри плана срокчен тултарассишĕн кĕрешеççĕ

БУХАРЕСТ, февралĕн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Румынири çĕршер пин ĕççыннисем çулталăкри плана срокчен тултарассишĕн социализмлă ăмăртăва хутшăннă. Браила хулинчи йывăр машинăсем тăвакан заводри хурçă шăратакансем кăçал 900 хутчен хăвăрт майпа хурçă шăратса кăларма обязательство илнĕ. 35 кун хушшинче 140 хутчен хăвăрт майпа хурçă шăратнă эпĕ. Хунедоара облаçĕнчи Голар рудникĕнчи рабочисем планран ирттерсе темиçе пин тонна руда кăларнă.

Февралĕн 16-мĕшĕнче Румынире Железнодорожниксен кунне паллă тăваççĕ. Железнодорожниксем вăл куна ĕçри çитĕнÿсемпе кĕтсе илеççĕ. Бухарест-Пассажирски деповĕнчи 68 пăравус бригади кăçал «пятисотник» ятне илме тивĕçлĕ пулнă. Деж деповĕнчи машинистсемпе кочегарсем, совет новаторĕн Клавдия Барановскаян меслечĕпе усă курса, çĕнĕ çул пуçланнăранпа государство валли 42 пин лей укçа перекетленĕ.

## Польшăри ялхуçалăхĕнче тунă çитĕнÿсем

ВАРШАВА, февралĕн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Польшăн халăх правительстви хресченсене пысăк пулăшу панă пирки ялхуçалăхĕ хăвăрт аталанса пырать. 1951—1952 çул хресченсемшĕн пысăк тĕреслĕ пулнă. Кĕркунне çĕр типĕ юлнă, хĕлле юр сахал çунă, тырпул пухса кĕртнĕ вăхăтра вĕçĕмсĕр çумăр çуса тăнă. Çавна пула тырă начар пулас пек туйăннă. Буржуаллă Польшăра ун пек чухне çапла пулнă та. Анчах Польша халăх Республикинче хресченсем çутçанталăк инкекĕсене çĕнтерме пултарнă.

Ялхуçалăхĕнчи паллă культурăсен, сăмахран, тулă, урпапа сĕлĕ тухăçлăхĕ чакман кăна мар, анчах урăхла, 10 процент чухлĕ ÿснĕ. Çурçĕр-Хĕвелтухăç районĕсенче вăл малтанхи çулхи тырпул тухăçлăхĕнчен чылай пысăкрах пулнă.

Сахăр кăшманĕ пухса кĕртесси Польшăра вăтам шутпа 12 процент чухлĕ ÿснĕ. Сахăр завочĕсем валли çителĕклĕ таран кăшман хатĕрленĕ. Заводсемултă çуллăх план тăрăх малтан 1955 çул валли палăртнинчен чылай ытларах сахăр туса кăлараççĕ.

Ялхуçалăхне механизацилени, хресченсене искусственнăй удобренисем пани, ялхуçалăхне сиенлекен хурт-кăпшанкăсемпе хытă кĕрешни тата хресченсен ăмăртăвĕ анлăн сарални йывăрлăхсене çĕнтерес ĕçре тĕп вырăн йышăннă. Государствăн ялхуçалăхĕсем тата производствăллă çĕрĕç кооперативĕсем,—ялхуçалăхне мĕнле йĕркелесе пымаллине кăтартакан хуçалăхсем,—çавăн пекех пысăк вырăн йышăннă.

Иртнĕ çулта çĕршывра машина-трактор станцийĕсем 335 шутланнă. МТС-сенче тракторсем тата хальхи вăхăтри ялхуçалăхĕнчи машинăсем çителĕклĕ. Машина-трактор станцийĕсем хресченсене пысăк пулăшу панă.

Государствăн ялхуçалăхĕсем тата производствăллă çĕрĕç кооперативĕсем уйрăм хуçалăхпа пурăнакан хресченсене паха сортлă вăрлăх нумай уйăрса панă. Ялхуçалăхне сиенлекен хурт-кăпшанкăсемпе кĕрешме 1952 çулта хими препарачĕсем нумай уйăрнă.

Кăçал Польшăри хресченсем умне çавăн пек задача лартнă: тĕштырă тухăçлăхне кашни гектар пуçне вăтам шутпа пĕр центнер чухлĕ ÿстермелле. Пăрçа йышши культурăсем акмалли лаптăка, çавăн пекех техникăллă культурăсемпе выльăх апачĕ валли акакан хăшпĕр культурăсен лаптăкĕсене кăçал 5 хута яхăн ÿстермелле.

Государствăн кăçалхи планĕнче çавăн пекех выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе малалла аталантарма, уйрăммăн илсен, мăйракаллă шултра выльăх йышне 10 процент, сурăхсен йышне—15 процент, сыснасен шутне—11 процент ытларах ÿстерме палăртнă.

## Китайри предприятисенче хăрушсăрлăх техники аталанать

ПЕКИН, февралĕн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Социальнăй страховани аталанса пынипе пĕрлех Китайра рабочисен ĕçне сыхласси лайăхланса пырать. «Гунженьжибао» хаçат çапла пĕлтернĕ: Çурçĕр-Хĕвелтухăç Китайри предприятисенче хăрушсăрлăх техникин уйрăмĕсене организациленĕ.

Фабрикăсемпе заводсенче тата сăрт-ту предприятийĕсенче хăрушсăрлăх техники лайăхланса пынине пула ăнсăртрак инкексем пуласси чакнă е пĕтĕмĕшпех пĕтнĕ, ĕç тухăçлăхĕ ÿснĕ. Сăмахран, машинăсем тăвакан пĕррёмĕш номерлĕ заводри термически цехра вентиляци оборудованине лайăхлатнă хыççăн, ĕç тухăçлăхĕ 65 процент ÿснĕ.

Çĕршыва ирĕке кăларнă хыççăн Китайри Коммунистсен партийĕ тата халăх правительстви хими промышленноçĕнче ĕçлекен рабочисен ĕçне сыхлас тата вĕсен йăла условийĕсене лайăхлатас ĕç çине тимлĕ пăхма пуçланă.

Хими промышленноçĕн тĕрлĕ отраслĕсенчи рабочисене ятарласа хатĕрленĕ тумтир парса тăраççĕ. Сывлăхшăн сиенлĕ цехсенчи рабочисене валли уйрăм апат парса тăрассине йĕркеленĕ, вĕсен ĕç кунне кĕскетнĕ. Промышленноçăн сывлăхшăн сиенлĕ отраслĕсенче 18 çула çитмен çынсене ĕçлеме ирĕк памаççĕ.

### Венгрире ĕççыннисен сывлăхĕшĕн тăрăшни

БУДАПЕШТ, февралĕн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Венгри Халăх Республикинче медицина учрежденийĕсен хисепĕ çултан-çул ÿсе пырать. Иртнĕ çулта кăна больницăсенчи койкăсен шучĕ 1.100 чухлĕ ÿснĕ. Чылай çĕнĕ поликлиникăсем тата больницăсенче уйрăмсем, çавăн пекех участокри амбулаторисем 40 уçнă.

1953 çулхи государство бюджечĕ тăрăх халăх сывлăхне сыхлас ĕç валли мĕнпур укçа-тенкĕрен 11,4 процентне расходламалла. Ку вăл 1952 çулхинчен 901 миллион форинт ытларах пулать. Промышленноçăн вырĕ пысăк центрĕнче çĕнĕ больницăсем тума тытăнаççĕ: чылай хуласенче çĕнĕ поликлиникăсем уçаççĕ.

Совет Союзĕнчен пример илсе Венгрире çĕрлехи санаторисем тăваççĕ.

### АЛБАНИПЕ ДЕМОКРАТИЛЛĔ ГЕРМАНИ РЕСПУБЛИКИ ХУШШИНЧЕ ТАВАРСЕМ УЛĂШТАРСА ТĂРАССИ ÇИНЧЕН КИЛĔШÿ ТУНĂ

БЕРЛИН, февралĕн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Берлинри демократиллĕ хаçатсем çапла пĕлтереççĕ: 1953 çулхи февралĕн 2-мĕшĕнче Берлинра Албани Халăх Республикипе Демократиллĕ Германи Республики хушшинче 1953 çулта, çавăн пекех 1954—1955 çулсенче таварсем улăштарса тăрасси çинчен тунă килĕшÿ çине алă пуснă.

Çак килĕшÿсем тăрăх Албани Халăх Республики Демократиллĕ Германи Республикине, тĕпрен илсен, тĕслĕ металсем, хром руди, табак тата ытти таварсем те парса тăмалла.

Демократиллĕ Германи Республики Албание промышленность оборудованийĕ, строительство промышленноçĕнче кирлĕ машинăсем, электротехника таварĕсем, апат-çимĕç промышленноçĕнче кирлĕ машинăсем, станоксем, лаборатори оборудованийĕ тата ытти таварсем те парса тăрать.

## Корейăри ĕçсем

### ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНĂЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, февралĕн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ февралĕн 6-мĕшĕнче çапла пĕлтернĕ:

Иртнĕ кун хушшинче Халăх çарĕн тата Китай халăх добровольцĕсен соединенийĕсем мĕнпур фронтсенче Америкăпа Англи интервенчĕсен тата Ли Сын Ман çарĕсене хирĕç çапăçнă.

Халăх çарĕн зенитнăй артиллерийĕ тата самолетсене хирĕç кĕрешекен салтакĕсем паян тăшманăн 2 самолетне персе ÿкернĕ.

### АМЕРИКАНЕЦСЕМ КОРЕЙĂРА ТЫТКĂНА ЛЕКНĔ ÇАР ÇЫННИСЕНЕ ВĔЛЕРЕÇÇĔ

ПАРИЖ, февралĕн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Франс Пресс агентствин Токиори корреспонденчĕ пĕлтернинчен çакă паллă: февралĕн 3-мĕшĕнче Чечжудо утравĕ çинче Китайăн тыткăна лекнĕ çар çыннине вĕлернĕ.

### АМЕРИКА САМОЛЕЧĔ УКСЕ ÇЕМĔРЕЛНĔ

ПАРИЖ, февралĕн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Франс Пресс агентстви пĕлтернĕ тăрăх, паян ирхине Орли аэродромĕ анса ларнă чухне Америкăн çар самолечĕ çĕмĕрĕлнĕ. Самолет çинче 19 çын пулнă.

### КУБАРИ ПОЛИЦИ ТЕРРОРĔ

НЬЮ-ЙОРК, февралĕн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Гаванри «Нотисиас де Ой» хаçат полици профсоюзсен тата ытти организацисен сурчĕсем çине тапăнни çинчен пĕлтерет. Строительствăри рабочисен, çăкăр пĕçерекенсен, ювелирсен, сĕтел-пукан тăвакансен тата грузчиксен профсоюзĕсен сурчĕсем çине тапăннă.

Хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Кубăри мĕнпур профсоюз организацийĕсенчен тата прогрессивлă ытти организацисенчен протестсем килеççĕ. Ĕççыннисем полици террорне хирĕç протестлеççĕ.

Çак хаçатах çапла пĕлтернĕ: полици нумаях пулмасть Кубан Европăра пулнă чылай деятелĕсен паспорчĕсене туртса илнĕ. Вĕсем хушшинче—Николас Гильен поэт, конгресс членĕ Гарсиа Агуеро коммунист тата Эдит Гарсиа Бучака. Бучака Кубари хĕрарăмсен демократиллĕ федерацине ертсе пынă пулнă.

### БЕЛЬГИРИ ÇАР ЗАВОДĔНЧИ ПУШАР

ПАРИЖ, февралĕн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Франс Пресс агентстви Льежран пĕлтернĕ тăрăх, февралĕн 4-мĕшĕнче çĕрле государствăн Херстальри хĕçпăшалсем туса кăларакан заводри çуртсен пĕр пайĕ çунса кайнă. Пушар завода кÿнĕ сиен 10 миллион франка çитет.

### Пĕтĕм тĕнчери шахмат турнирĕнче

БУХАРЕСТ, февралĕн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Пĕтĕм тĕнчери шахмат турнирĕнче тепĕр вăхăта хăварнă партисене выляса пĕтернĕ. Филипп (Чехословаки) тата Слива (Польша) выляма пуçламасăрах совет гроссмейстерне Болеславскине парăнни çинчен пĕлтернĕ. Румыни шахматисчĕ Троянеску Спасскипе (СССР) вылянă партире хăй парăнни çинчен пĕлтернĕ. Толушпа (СССР) Милев (Болгари) выляма пуçламасăрах пĕрне-пĕри çĕнтерейменне тесе йышăннă.

Слива Филиппран, Ш. Сабо (Румыни)—Англи шахматистĕнчен Голомбекран выляса илнĕ. Милев Рэдулескуна (Румыни) çĕнтернĕ. Ш. Сабо Бардаран (Норвеги), Барда—Рейхертан (Румыни) выляса илнĕ. Польша шахматисчĕ Слива О'Келлипе (Бельги) тата С. Барцапа (Венгри) вылянă партисем пĕрне-пĕри çĕнтерейменнипе вĕçленнĕ.

Сакăр вăйă пулнă хыççăн совет гроссмейстерĕ Болеславский тата Венгри гроссмейстерĕ Л. Сабо малта пыраççĕ. Вĕсем 6-шар очко пухнă. Мастер Толуш (СССР) тата Ш Сабо (Румыни) 5.5-шер очко пухнă. Совет шахматисчĕсен Смысловăн, Петросянăн, Спасскин, тата Венгри шахматисчĕн Барцан—5-шер очко.

## Реакциллĕ суйлав законĕн проектне хирĕç

### Бундестаг депутачĕ Вальтер Фиш калани

БЕРЛИН, февралĕн 6-мĕшĕ. (ТАСС). АДН агентствин корреспонденчĕ пĕлтернĕ тăрăх, бундестаг депутачĕ Вальтер Фиш коммунист Бонра пулса иртнĕ пресс-конференцире тухса каланă. Вальтер Фиш Бонн правительстви туса хатĕрленĕ çĕнĕ суйлав законĕн реакциллĕ тĕллевне тăрă шыв çине кăларнă.

Федеральнăй правительствăн суйлав законĕ, тенĕ Вальтер Фиш, суйлавçăсем тĕлĕшпе уççăнах тунă провокаци тата простой çынсенчен, правăпа тĕрĕслĕхрен мăшкăллани пулать. Суйлав законĕн проекчĕ Аденауэрăн хальхи коалицийĕ влаçа мĕнле те пулин хăйĕн аллинче тытса хăварма тăрăшнине палăртать. Аденауэр тата Лер çакна лайăх пĕлеççĕ: Хĕвеланăç Германире чăн-чăн ирĕклĕ суйлавсем ирттерме, кашни çынна вăл е ку кандидатшăн, вăл е ку партишĕн ирĕклĕн тухса калама май парсан, вĕсем поражени тÿсĕç.

Çĕнĕ суйлав законĕн уйрăм положенийĕсем çинче чарăнса тăрса, Вальтер Фиш партисене блока хутшăнма ирĕк паракан мажоритарнăй системăна, çавăн пекех «икĕ сасă системи» тунине сирленĕ. Çакăн пек «çĕнĕ йĕркесем» туни, тенĕ Фиш, чееленме хăтланни пулать. Ку йĕркесене халăхăн шухăш-кăмăлĕсене тĕрĕссипе палăртма пултаракан çынсене—коммунистсен партийĕн представителĕсене, çавăн пекех хальхи правительствăн реакциллĕ коалицине хирĕç пыракансене бундестагра вырăн парас мар тесе тăваççĕ.

Фиш çакна паллă тунă: реакциллĕ суйлав законĕн проекчĕ хыçĕнче Америкăн канаш паракан çыннисем тăраççĕ. Вĕсем пĕтĕм тĕнчере халăха хирĕç пыракан реакциллĕ режим тума тăрăшаççĕ, ун пек режим тума укçа-тенкĕ, хĕçпăшал парса пулăшаççĕ. Америка империалисчĕсем кăтартса панипе ĕнтĕ Франципе Итали халăхĕсене реакциллĕ суйлав законĕсем хистесех сĕннĕ.

Фиш Бонн «правительствин» суйлав законĕн проектне сирсе яма тата Хĕвеланăç Германире демократиллĕ ирĕклĕ суйлавсем ирттерме май паракан суйлав законĕ туса хатĕрлеме чĕнсе каланă.

## Маутхаузен лагерĕнче вилнĕ совет гражданĕсене асăнса

ВЕНА, февралĕн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Венăра хурлăхлă-чаплă пуху пулнă. Ăна 1945 çулхи февралĕн 2-мĕшĕнче çĕрле гитлеровецсен Маутхаузен ятлă вилĕм лагерĕнчен тарма хăтланнă совет салтакĕсемпе офицерĕсене асăнса ирттернĕ.

Лагерьтен пурĕ 700 çын тарнă. Вĕсем хушшинче пуринчен ытларах совет салтакĕсемпе офицерĕсем пулнă. Лагерьтен тарнисенчен 17 çын кăна çăлăнма пултарнă. Ыттисене Гитлер палачĕсем тытса тискеррĕн вĕлернĕ.

Пухура «концентрационнăй лагерьсенче ларнă çынсен Австрири союзĕн» руководствин членĕ Генрих Дюрмайер тухса каланă. Вăл хăйĕн сăмахĕнче совет гражданĕсене хисеплесе асăннă.

«Концентрационнăй лагерьсенче ларнă çынсен Австрири союзĕн» руководствин членĕ Отто Горн çапла каланă:

«Маутхаузен çинчен калаçма кирлĕ мар, нацистсем тунă тискер ĕçсем çинчен асăнма кирлĕ мар, тесе шутлакан çынсем халĕ те пур. Анчах эпир нацизмăн чăн-чăн сăпатне çĕнĕрен те çĕнĕрен кăтартса пани кирлĕ тесе шутлатпăр».

Горн çакна паллă тунă: Кочжедо утравĕ çинчи тата ытти лагерьсенче,—Китайпа Корейăн тыткăна лекнĕ çар çыннисем ларакан лагерьсенче, Америка агрессорĕсем, гитлеровецсем хăйсен концентрационнăй лагерĕсенче тунă пекех, тискер ĕçсем тăваççĕ.

Концентрационнăй лагерьсенче ларнă çынсем, тенĕ Горн, фашизма хирĕç пыракан кĕрешÿре вилнĕ çынсене манмастпăр, кĕрешÿре вилнĕ çынсен ĕçне малалла туса пыратпăр, çĕнĕ те чаплă, ирĕклĕ тĕнчешĕн кĕрешетпĕр тесе тупа тунă. Эпир хамăр умра тăракан çак тĕллеве пурнăçлас тесе мĕн тума пултарнине йăлтах тăвăпăр.

## Америка мракобесĕсем халăха çутта кăларма хăраççĕ

НЬЮ-ЙОРК, февралĕн 6-мĕшĕ. (ТАСС). «Федерейтед пресс» агентстви пĕлтернинчен çакă курăнать: представительсен палатин Америкăна хирĕçле ĕç тăвакансене тĕпчесе пĕлес тĕлĕшпе ĕçлекен комиссийĕн çĕнĕ председателĕ тата Америка охранкин агенчĕ пулнă Велде халăха çутта кăларни... США-шăн хăрушлăх пулса тăрать, тесе шутлать. Шкулсен ĕçĕсене тĕпчесе пĕлесси Америкăна хирĕçле ĕç тăвакансене тĕпчесе пĕлес тĕлĕшпе ĕçлекен комиссин чи малтанхи задачи пулса тăрать, тесе шутлать Велде. Агентство конгресăн юлашки сессийĕнче Велде каланă сăмахри уйрăм вырăнсене илсе кăтартать. Нагляднăй вĕренÿ меслечĕсем валли государство библиотекисемпе тÿлевсĕр усă курмалли çинчен калакан закон проектне хирĕçлесе, Велде çапла каланă: «Америка халăхне библиотека евĕрлĕ майсем пулăшнипе вĕрентни халăхăн политикăллă шухăш-кăмăлĕсене ытти кирек мĕнле меслетрен те хăвăртрах улăштарма пултарĕччĕ. Коммунизмла тата социализмла влиянисен никĕсĕ—халăха çутта кăларни пулать. Эпир США-ра социализма хирĕç тăратпăр пулсан, пирĕн çак закон проектне хирĕç тăмалла».

## БРАЗИЛИРИ ВЫÇЛАХ

МОНТЕВИДЕО, февралĕн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Бразилири хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, Бразилири нумай районсенче пурăнакансем выçăпа аптраççĕ.

«Коррейо да манья» хаçат çак кунсенче çапла çырнă: Сочеладра, Тейшейра, Тапероара, Барра-Санта-Розара тата Параиба штатĕнчи ытти муниципалитетсенче апат-çимĕç продукчĕсем çитмеççĕ. Карири тата Куриматау районĕсенче пурăнакан халăхăн пĕр пайĕ, выçăпа вилес мар тесе, тĕрлĕрен курăксемпе тăранса пурăнать. Хаçат кăтартса панă тăрăх, Сан-Пауло штатĕнче рис запасĕсем пĕтсе пыраççĕ, вăл запассем тепĕр эрнене çитмеççĕ.

«О Популар» хаçат çапла пĕлтерет: нумай муниципалитетсенчен лайăх мар хыпарсем килеççĕ. Ĕç тупăнмасть, апат-çимĕç, шыв, эмелсем çук. Шыв типсе ларнă, пурте выçă, халăхăн тăхăнма тумтир çук.

«Импренса популар» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Амазонас штатĕнче чухăн пурăнакан ĕççыннисен хисепĕ хăвăрт ÿссе пырать. Халăх ĕç тупаймасть. Хуласен урамĕсенче пиншер арçынсем, хĕрарăмсемпе ачасем ыйткаласа çÿреççĕ. Пирасикаба хулинче (Сан-Пауло штачĕ) ача амăшĕ, 24 çулхи Бенедитэ Леандро, выçăпа аптранипе нимĕн тума пĕлмесĕр, хăйĕн 3 уйăхри ачине шыва пăрахнă.

«Коррейо да манья» хаçат çапла çырать: правительство паянхи кунччен те халăха чи пĕчĕк правăсенчен пĕрне—апат-çимĕç продукчĕсем çителĕклĕ тытмалли правăна пама пултарайман.

## Ыйтусемпе ответсем

Чурачăк районĕнчи «Прогресс» колхоз членĕн П. Иванов юлташăн ыйтăвĕсене ответлетпĕр.

**Ыйту: Алоэ курăкĕ туберкулез чирĕнчен сывалма пулăшать-и?**

**Ответ:** Алоэ курăкне чылай çынсем пÿртре ÿстереççĕ, урăхла ăна сабур теççĕ. Туберкулезпа чирленĕ хăшпĕр çынсем унăн сĕткенне сĕтпе хутăштарса е ахаль ĕçеççĕ. Çапла тунинчен сиен çук. Анчах ытлашши ĕçесрен сыхланма кирлĕ, мĕншĕн тесен вăл вар-хырăма пăсма пултарать. Алоэ курăкĕн сĕткенĕнче сахăр, тĕрлĕ кислотасем тата витаминсем пур. Унпа медицинăра тахçанах усă кураççĕ. Врачсем вар-хырăма тасатас тĕлĕшрен хăшпĕр чухне унăн порошокне е тумламĕсене илме рецепт çырса параççĕ. Юлашки вăхăтра алоэ курăкĕпе пуринчен ытла организм вăйне пĕтĕмĕшпе хăпартас тĕлĕшпе усă кураççĕ. Çак шутпа унăн курăкне уйрăм майпа хатĕрлесе, тканьсем касса лартнă пек, ÿт ăшне касса лартаççĕ. Халĕ тата алоэ курăкĕнчен ятарласа шĕвек туса хатĕрлесе, укол тăваççĕ. Çапла туни вăл чи ансат май пулать. Çавăнпа халĕ нумай врачсем укол кăна тăваççĕ. Уколне, организм вăйне хăпартас шутпа, тĕрлĕ чир-чĕртен те тăваççĕ. Сăмахран, Шупашкарти трахоматознăй институт унпа тарăна кайнă тĕрлĕ куç чирĕсенчен сыватас ĕçре ăнăçлă усă курать. Шупашкарти туберкулез диспансерĕ хăшпĕр туберкулез чирĕнчен эмеллет. Уйрăм врачсем алоэ курăкĕпе пырти туберкулеза тата куç çине куçнă туберкулеза сыватса пăхнă.

Çак тĕслĕхсенчен акă мĕн курăнать: алоэ курăкĕпе туберкулез чирĕнчен сыватас ĕçре усă кураççĕ пулин те, вăл ятарласа туберкулезран сыватмалли эмел пулса тăмасть. Алоэ курăкĕ организмăн пĕтĕмĕшлĕ вăйне хăпартса, тĕрлĕ чирчĕрсенчен сывалма пулăшать. Анчах ку тĕлĕшрен ÿт айне тканьсем те касса лартаççĕ, алоэ курăкĕн вăй-хăвачĕ çав тканьсенчен ытлашши мар, укол тума сăмăл пулнипе çеç вăл маларах хисепленсе тăма пултарать. Туберкулез чирĕнчен ятарласа сывалмалли эмелсем хальхи вăхăтра стрептомицин тата паск шутланаççĕ.

Туберкулезпа чирлĕ çынсен алоэ курăкĕн сĕткенне ĕçсе хăйсем тĕллĕн сывалма хăтланма кирлĕ мар. Туберкулез тĕрлĕ формăсемпе иртет, кашни формăра тĕрлĕ эмел кирлĕ пулма пултарать. Çавăнпа туберкулез чирĕнчен врачсем кăна ăнăçлă сыватма пултараççĕ.

**ЫЙТУ Шĕпĕн мĕнрен пулать тата ăна мĕнле пĕтермелле?**

**Ответ:** Шĕпĕн тухни тĕрлĕ сăлтавсенчен килет. Пĕринче вăл нерва системи хавшакланнипе, тепринче—япаласем улăшăнса тăрасси (обмен) пăсăлнипе, висçĕмĕшĕнче—организмăн пĕтĕмĕшле вăйĕ начарланнипе пулма пултарать. Юлашки вăхăтра хăшпĕр ученăйсем шĕпĕн микроскоп витĕр пăхса та куçа курăнман уйрăм тĕрлĕ вĕтĕ микробсем (вируссем) урлă ерет, тесе шутлаççĕ.

Уйрăм шĕпĕнсене пĕтерес шутпа ляписпа тата салициловăй кислотапа усă кураççĕ. Анчах çапла тунипе пур чухне те шĕпĕн пĕтмест, тымарĕ юлнипе вăл çĕнĕрен çитĕнме тытăнать. Çавăнпа уйрăм шĕпĕнсене пĕтермелли чи лайăх май вăл—хирурги меслечĕ пулать. Ÿте малтан ырăттармалла мар туса, шĕпĕне тымарĕ-мĕнĕпе тăпăлтарса кăларса пăрахаççĕ. Ÿт çине шĕпĕнсем нумай тухса тулнă пулсан, вĕсене рентген çуттипе ăнăçлăн пĕтерме пулать, рентген çутти шĕпĕнсен тымарĕсене те пĕтерет. Паллах ĕнтĕ, рентген çуттипе уйрăм шĕпĕнсене те эмеллеме пулать. Шупашкарти поликлиникăра шĕпĕнсене рентгенпа сыватаççĕ.

Нерва системи хавшакланнинчен килекен шĕпĕнсене гипнозпа сыватма пулать. Кашни уйрăм хутра мĕнле сыватассине врач кăна калаçа пама пултарать.

Врач Н. ПАЙРАШ.

## СПОРТ

### Конькипе ярăнакансен ăмăртăвĕ

Февралĕн 1—2-мĕшĕсенче Шупашкарти «Молния» спорт обществин каткĕ çинче конькипе ярăнса хулара мала тухассишĕн ăмăрту пулса иртрĕ.

Икĕ кун ăмăртнă хыççăн ахаль конькипе чупса хĕрарăмсенчен Соловьева («Молния» спорт обществин представителĕ), арçынсенчен Сидоров (пир-авăр фабрикинчен) мала тухрĕç.

Коллективсенчен пĕррёмĕш ушкăн енĕпе малти вырăна «Кожупряжь» артель коллективĕ, иккĕмĕш ушкăн енĕпе пир-авăр фабрикин колективĕ мала тухрĕç.

Н. ХОРЬКОВ.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.

## Государствăн 3 процентлă выляса илмелли шалти заемĕ

### 31-мĕш вылявра выигрышсем тухнине кăтартакан

### СПРАВКА-ТАБЛИЦА

Выляв 1953 çулхи январĕн 30-мĕшĕнче Мускав хулинче пулнă.

Таблицăра 200 тенкĕлĕх облигаци çине выигрышсем тухнине кăтартнă. Выигрыш суммине облигаци хакĕ те кĕрет.

Заемăн мĕнпур тăватă разрядĕнчи çак серисемпе облигацисен номерĕсем çине выигрыш тухнă:

| Сери №№ | Облигаци №№ | Миçе тенкĕ | Сери №№ | Облигаци №№ | Миçе тенкĕ |
|---|---|---|---|---|---|
| 001911 | 1—50 | 400 | 057709 | 1—50 | 400 |
| 001918 | 28*) | 5.000 | 057868 | 11*) | 5.000 |
| 002130 | 08*) | 5.000 | 058071 | 05*) | 5.000 |
| 002193 | 38*) | 5.000 | 060047 | 37*) | 10.000 |
| 002891 | 37*) | 5.000 | 060450 | 41*) | 10.000 |
| 002935 | 19*) | 5.000 | 061521 | 1—50 | 400 |
| 003717 | 38*) | 10.000 | 062296 | 30*) | 5.000 |
| 004522 | 1—50 | 400 | 062585 | 28*) | 5.000 |
| 004865 | 15*) | 5.000 | 062769 | 03*) | 5.000 |
| 006794 | 36*) | 5.000 | 062843 | 34*) | 10.000 |
| 007618 | 1—50 | 400 | 063721 | 37*) | 5.000 |
| 008166 | 04*) | 5.000 | 064065 | 1—50 | 1.000 |
| 009048 | 10*) | 5.000 | 065182 | 03*) | 5.000 |
| 010089 | 16*) | 5.000 | 065249 | 15*) | 5.000 |
| 010250 | 16*) | 5.000 | 065872 | 43*) | 5.000 |
| 010465 | 1—50 | 1.000 | 066078 | 1—50 | 1.000 |
| 010692 | 19*) | 5.000 | 066099 | 1—50 | 1.000 |
| 012515 | 23*) | 5.000 | 066242 | 1—50 | 400 |
| 013146 | 31*) | 5.000 | 067497 | 44*) | 5.000 |
| 013944 | 1—50 | 1.000 | 068373 | 1—50 | 400 |
| 015297 | 24*) | 10.000 | 068675 | 25*) | 10.000 |
| 015330 | 13*) | 10.000 | 069358 | 23*) | 5.000 |
| 015933 | 1—50 | 400 | 069464 | 27*) | 5.000 |
| 017340 | 34*) | 5.000 | 069874 | 1—50 | 400 |
| 018217 | 27*) | 5.000 | 070103 | 50*) | 10.000 |
| 018452 | 22*) | 5.000 | 070689 | 29*) | 5.000 |
| 018589 | 26*) | 5.000 | 071574 | 1—50 | 400 |
| 018691 | 1—50 | 400 | 072009 | 35*) | 5.000 |
| 019455 | 48*) | 5.000 | 072065 | 01*) | 5.000 |
| 020464 | 1—50 | 400 | 072910 | 37*) | 5.000 |
| 020883 | 17*) | 5.000 | 073314 | 15*) | 5.000 |
| 021014 | 22*) | 5.000 | 073980 | 1—50 | 400 |
| 021060 | 1—50 | 1.000 | 074221 | 33*) | 5.000 |
| 021996 | 1—50 | 400 | 075099 | 13*) | 5.000 |
| 022217 | 05*) | 5.000 | 075690 | 1—50 | 400 |
| 022247 | 08*) | 5.000 | 075891 | 04*) | 5.000 |
| 023056 | 13*) | 5.000 | 076107 | 48*) | 5.000 |
| 023090 | 1—50 | 1.000 | 076973 | 1—50 | 400 |
| 025389 | 18*) | 5.000 | 077286 | 1—50 | 400 |
| 026517 | 21*) | 5.000 | 077444 | 29*) | 5.000 |
| 026640 | 1—50 | 400 | 077899 | 21*) | 5.000 |
| 026899 | 1—50 | 400 | 078511 | 1—50 | 400 |
| 027698 | 44*) | 5.000 | 079916 | 1—50 | 400 |
| 028076 | 03*) | 5.000 | 080478 | 1—50 | 400 |
| 030149 | 1—50 | 400 | 080972 | 1—50 | 400 |
| 030852 | 48*) | 5.000 | 081620 | 24*) | 5.000 |
| 032333 | 04*) | 10.000 | 081985 | 45*) | 5.000 |
| 033552 | 1—50 | 400 | 082201 | 1—50 | 400 |
| 033694 | 33*) | 5.000 | 082249 | 18*) | 5.000 |
| 033753 | 1—50 | 400 | 083190 | 03*) | 5.000 |
| 034084 | 37*) | 5.000 | 083754 | 36*) | 5.000 |
| 035856 | 1—50 | 400 | 084188 | 01*) | 10.000 |
| 036852 | 18*) | 5.000 | 084196 | 1—50 | 400 |
| 038282 | 06*) | 10.000 | 084772 | 1—50 | 400 |
| 038420 | 16*) | 10.000 | 084905 | 43*) | 10.000 |
| 038630 | 1—50 | 400 | 085345 | 27*) | 5.000 |
| 039143 | 24*) | 25.000 | 085951 | 22*) | 25.000 |
| 040213 | 07*) | 5.000 | 085954 | 44*) | 10.000 |
| 040253 | 45*) | 10.000 | 086194 | 1—50 | 400 |
| 040345 | 1—50 | 1.000 | 087355 | 1—50 | 400 |
| 043890 | 22*) | 10.000 | 088079 | 04*) | 5.000 |
| 043913 | 14*) | 10.000 | 088418 | 1—50 | 1.000 |
| 045711 | 1—50 | 400 | 088982 | 23*) | 5.000 |
| 045873 | 1—50 | 1.000 | 089294 | 16*) | 10.000 |
| 047206 | 24*) | 5.000 | 089951 | 12*) | 5.000 |
| 048214 | 35*) | 5.000 | 090479 | 28*) | 10.000 |
| 048257 | 1—50 | 400 | 090758 | 1—50 | 1.000 |
| 049841 | 1—50 | 1.000 | 091168 | 24*) | 5.000 |
| 049911 | 1—50 | 400 | 091590 | 25*) | 10.000 |
| 050572 | 19*) | 10.000 | 092425 | 37*) | 5.000 |
| 050659 | 23*) | 5.000 | 093155 | 1—50 | 400 |
| 051691 | 47*) | 25.000 | 093297 | 18*) | 5.000 |
| 052664 | 07*) | 10.000 | 093603 | 25*) | 10.000 |
| 052706 | 11*) | 5.000 | 094475 | 1—50 | 400 |
| 052807 | 23*) | 5.000 | 094998 | 42*) | 10.000 |
| 052847 | 25*) | 5.000 | 095203 | 05*) | 5.000 |
| 053495 | 05*) | 5.000 | 095431 | 01*) | 25.000 |
| 054438 | 1—50 | 1.000 | 096129 | 40*) | 5.000 |
| 055513 | 36*) | 5.000 | 096543 | 1—50 | 400 |
| 055731 | 11*) | 50.000 | 096550 | 1—50 | 400 |
| 055961 | 17*) | 5.000 | 096616 | 1—50 | 1.000 |
| 056225 | 1—50 | 400 | 096679 | 40*) | 10.000 |
| 056409 | 16*) | 50.000 | 097923 | 48*) | 5.000 |
| 056510 | 1—50 | 400 | 098768 | 1—50 | 400 |
| 056549 | 29*) | 25.000 | 098817 | 49*) | 5.000 |

*) Çак серие кĕрекен облигацисен ытти 49 номерĕ 400-шер тенкĕ выляса илнĕ.

ЧĂВАШ АССР ПЕРЕКЕТ КАССИСЕМПЕ ГОСУДАРСТВО КРЕДИЧĔН УПРАВЛЕНИЙĔ.



РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—5-74, парти пурнăç пайĕ—3-99, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ 7-32, издательство кантурĕ—0-23.

ИТ 00988 Типография №1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.